ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 19 ШАМАТКУН № 184 (9093)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

„СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин, СССР Совхозсен министерствин, парти, совет, ялхуçалăх органĕсен чи кирлĕ задачи вăл — выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç тӳсме çук юлса пынине пĕтерессн, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвасси, выльăхсемпе кайăк-кĕшĕк валли çуртсем çителĕклĕ тăвасси, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне татăклăн ӳстересси, выльăхсен хисепне халичченхинчен пысăкрах хăвăртлăхсемпе ӳстерсе пырасси, унăн ăратлăхне лайăхлатасси тата çитес 2—3 çул хушшинче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса кăларассине татăклăн ӳстерессн пулать тесе шутлать“.

*КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕнчен.*

# ССР СОЮЗĔН ЯЛХУÇАЛĂХНЕ МАЛАЛЛА АТАЛАНТАРМАЛЛИ МЕРĂСЕМ ÇИНЧЕН

***КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕнче 1953 çулхи сентябрĕн 3-мĕшĕнче тунă доклад*)***

## 3. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ӳстересси тата вĕсене хатĕрлесси çинчен

Вăраха ямасăр татса памалли тепĕр ыйту вăл—çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ӳстересси пирки тăракан ыйту. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем питĕ нумай кирлĕ, вĕсене халĕ туса илекен хисеп çав ыйтăва тивĕçтерме пачах та пултараймасть тесе йышăнас пулать. Юлашки çулсенче çав культурăсен тухăçлăхĕ тата вĕсене пĕтĕмпе пухса кĕртесси ӳсме мар, чакса пырассĕ. Пахча çимĕç культурисем лартнă лаптăксем, 1940 çулхипе танлаштарсан, 250 пин гектар чакнă. Çĕрулми лартнă лаптăксем пĕтĕм çĕршывĕпе ӳсрĕç, анчах хăшпĕр облаçсенче вĕсем вăрçăчченхи шая çитеймен-ха. Вăрçăчченхи шайпа танлаштарсан, Новгород облаçĕнчи колхозсенче çĕрулми лартнă лаптăксем 38 процент, Великолукски облаçĕнче—59 процент, Смоленск облаçĕнче—61 процент йышăнассĕ.

Нумай районсенче çĕрулми тухăçлăхĕ чакни уйрăмах хытă хумхантарать, ку вăл пĕтĕмĕшпе пухса кĕртекен çĕрулми виçи чакасси патне илсе çитерчĕ.

Çĕрулми туса илесси чакни, пахча çимĕçсем çителĕксĕр туса илни пире хуласемпе промышленность центрĕсенчи ĕçсыннисене çав продуктсене парса тăрассине, апат-çимĕç промышленность предприятийĕсене — чĕртавар парса тăрассине палăрмаллах лайăхлатма чăрмантарать. Çĕрулми çитменни, эпĕ ун çинчен каларăм ĕнтĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе те кансĕрлет.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илме колхозсенче пысăк майсем пур çĕртех юлашки вăхăтра вĕсене туса илесси ӳсменнине, нумай районсенче вара чакса пынине мĕнпе ăнлантарса памалла-ха?

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илесси юлса пынин сăлтавĕсенчен пĕри çав культурăсене туса илессине аталантарма колхозсемпе колхозниксене пурлăх енĕпе начар хавхалантарни пулать. Ытти культурăсем—çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ, чей, цитрусовăй культурăсем—тĕлĕшпе вĕсене туса илессине ӳстерессине эпир пурлăх енĕпе хавхалантарса пынă пулсан, çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине хавхалантарни ку таранчченех çук. Хатĕрлев хакĕсем пĕчĕккĕ пулни, хатĕрлев органĕсем поставка нормисене тĕрĕс мар шутласа палăртни, уйрăммăн илсен, хула сывăхĕнчи районсемпе апат-çимĕç промышленноçĕн тăрăхне кĕрекен районсене нормăсене ӳстерсе пани, малта пыракан колхозсене пысăкрах нормăсем пани çав культурăсене туса илес енĕпе колхозсен интересĕсене чакарса пынă.

Асăннă çитменлĕхсене пĕтермелле, колхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине пурлăх тĕлĕшпе хавхалантарса пыма условисем туса хумалла. Хавхалантарма пулăшакан çав майсем — çĕрулмипе пахча çимĕçсем хатĕрлемелли хаксене ӳстерни, обязательнăй йĕркепе памалли нормăсене чакарни тата ӳстернĕ хаксем тăрăх сутăн илессине анлăлатни, çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах акса лартса тăвакан колхозсене льготăсем пани пулассĕ.

Анчах кунпа пĕрлех çакна каламалла: хатĕрлев хакĕсене ӳстерес тĕлĕшпе эпир мĕн тума пултарнине пĕтĕмпех турăмăр. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем хатĕрлемелли хаксене малалла ӳстерме май çук. Эпир малашне те çав çулпах каяс пулсан, çĕрулмипе пахча çимĕçсем сутни убыток пама пултарать. Ун чухне çĕрулмипе пахча çимĕçсен вакăн сутмалли хакĕсене йӳнетес вырăнне, Партипе Правительство ку енĕпе тытса пыракан политика вырăнне, вакăн сутмалли хаксене ӳстерме тивнĕ пулĕччĕ, çакă вăл халăх интересĕсемпе килĕшсе тăмасть. Паллах, Партипе Правительство çапла тума пултараймассĕ тата тумассĕ те.

Çапла ĕнтĕ, чи кирли—хамăрăн вăйсене çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне ӳстересси çине хурасси пулать, вĕсен тухăçлăхĕ халĕ пĕчĕккĕ-ха. Çав вăхăтрах вĕсен тухăçлăхне ӳстерме пысăк майсем пур. Вăтам колхозсем кашни гектартан 140—150 центнер çĕрулми туса илеççĕ, çав вăхăтрах малта пыракан колхозсем 200—300-шер центнер туса илеççĕ. Ялхуçалăхĕнче малта пыракансем питех те пысăк çитĕнӳсем турĕç. Украинăри Марта Худолий колхозница кашни гектартан 800-шер центнер, Мускав облаçĕнчи колхозницăсем Дианова тата Кожуханцева юлташсем—500-шер центнертан ытларах çĕрулми туса илнĕ.

Эпир çитес çулта çĕрулми тухăçлăхне пур колхозсенче те вăтам колхозсен шайне çити çĕклеме пултарсассăн та,— ку задачăна татса пама пулать,—çĕрулми туса илесси чылай ӳсет. Çакăнтан акă мĕн курăнать: çĕрулмипе пахча çимĕçсенчен тупăш ытларах илмелли тĕп май вĕсен тухăçлăхне ӳстерни пулать. Çавна тума вара çĕрулмипе пахча çимĕçсене акас, лартас, пăхса ӳстерес тата пухса кĕртес ĕçсене пур енĕпе те механизацилес пулать. Тĕштырă культурисене акса тата пухса кĕртес тĕп ĕçсене пĕтĕмĕшпех механизацилесе çитернĕ пулсан, колхозсенче çĕрулми лартас ĕçсене вара иртнĕ çулта 14 процент кăна, пухса кĕртес ĕçсене—6 процентран та каярах механизациленĕ.

Çĕрулми туса илес ĕçе механизацилес ыйту вăл — пуринчен ытла ăна лартмалли меслет çинчен тăракан ыйту. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартмалли малта пыракан май çине, ретсен хушшине кăпкалатассине пĕтĕмпех механизацилеме май паракан май çине куçмасан, эпир механизаци тĕлĕшпе тăракан ыйтăва татса параймастпăр. Пирĕн çавна татса памалли меслет пур-и? Çапла, пур. Ку вăл—тăваткал-кĕтеслĕ майпа лартмалли меслет. Малта пыракан колхозсем ку меслетпе тахçанах усă курассĕ ĕнтĕ. Мускав облаçĕнчи Çерпухов районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе çĕрулми лартма 1943 çултах тытăннă. Çĕнĕ меслетĕн лайăх майĕсене пĕлсе çитсе, унпа юлашки çулсенче нумай колхозсем усă курма пуçларĕç. Мускав облаçĕнче, сăмахран, иртнĕ çуркунне çĕрулмине пуринчен ытла çав меслетпе лартса хăварнă. Çĕнĕ меслетĕн лайăх енĕсем мĕнре-ха? Çĕнĕ меслетпе лартни çĕрулми лаптăкне урлă-пирĕ кăпкалатма, ăна пăхса ӳстерес тĕлĕшпе ал вĕççĕн тумалли ĕçсене нумай сахалатма май парать. Çавăнпа пĕрлех çĕрулмине ӳсме, çапла вара, пысăк тухăçлă çĕрулми туса илме питĕ лайăх майсем пулассĕ.

Хăшпĕр тĕслĕхсем илсе кăтартам. Мускав облаçĕнчи Раменски районĕнчи «Вперед к коммунизму» колхозра акмалли лаптăк 920 гектар. Пропашной культурăсем кунта 460 гектар, вăл шутра çĕрулми—277 гектар тата пахча çимĕç культурисем—120 гектар йышăнассĕ. Колхозра ĕçлеме пултаракан колхозниксем 321 çын, вĕсенчен 160 çын уй-хир ĕçĕсенче ĕçлеççĕ. Çапла ĕнтĕ, уй-хир ĕçĕнче ĕçлекен кашни колхозника пропашной культурăсем 3 гектара яхăн тивеççĕ. Колхозниксем лашасемпе тата ал вĕççĕн ĕçлес пулсан, çав лаптăка лайăх ĕçлесе кăпкалатма тата пысăк тухăçлăх илме пултарнă пулĕччĕç-и-ха? Паллах, çук. 1951 çултан пуçласа колхозниксем çĕрулми лартмалли тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе усă курма тытăннă. Ун чухне тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартмалли машинăсем пулман. Çав машинăсене ун чухне тĕрĕсленĕ çеç-ха. Вара культиваторпа акма йышăннă. Колхозниксем тĕрĕс тавçăрса илнĕ: алăпа пулин те, машинăсăр пулин те, тăваткал-кĕтеслĕ меслетпех лартма йышăннă. Çĕрулми лартма вăй нумайрах хурсан та, çĕрулмине механизациллĕ майпа ӳстерме условисем туса хатĕрлемелле. Çĕрулмине пăхса ӳстерессине механизацилесе, колхоз унăн тухăçлăхне нумай ӳстернĕ. 1952 çулта тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартнă çĕрулми тухăçлăхĕ гектар пуçне 167 центнер пулнă, ытти чухнехи пек лартнă çĕрте—гектар пуçне пĕтĕмпе те 80 центнер тухнă.

Кăçал ку колхозра çĕрулмине пĕтĕмĕшпе пекех тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартса хăварнă. Кашни гектара тăватă ретлĕ машинăпа, тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартса хăварма колхозра пĕтĕмпе те пĕр çын пĕр кун ĕçленĕ чухлĕ çеç ĕç тунă, çĕрулми речĕсен хушшине тракторпа виçĕ хут икĕ еннелле кăпкалатса тухма пĕр çын 0,6 кун хушши ĕçленĕ чухлĕ ĕç тунă. Çапла ĕнтĕ, тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартса тата кăпкалатса, пĕр гектар çинче пĕр çын 1,6 кун ĕçленĕ чухлĕ çеç ĕç тунă. çав вăхăтрах, яланхи пек лартнă пулсан, çав ĕçсене тумах 30 çын 30 кун ĕçленĕ чухлĕ вăй хумалла пулнă пулĕччĕ. Тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартса çĕрулми туса илме пĕр çын пĕр кун ĕçленипе колхоз 23 центнер çĕрулми туса илнĕ пулсан, яланхи меслетпе лартнă çĕрте—пĕр центнер çурă çеç илнĕ.

Çĕрулми лартмалли машинăпа ĕçлеме лайăх вĕренсе çитсен, ĕç тухăçлăхĕ татах та ӳсет. Унпа ĕçлеме квалификациллĕ работниксем кирлĕ. Çавнашкал çынсем пирĕн ӳссе пырассĕ. Техникăна алла илнĕ тата чаплă çитĕнӳсем тунă машинистсем пирĕн сахал мар. Мускав облаçĕнчи Раменски районĕнчи «Путь к коммунизму» колхозри машинист Акимфеев юлташ тăватă ретпе çĕрулми лартмалли машинăпа норма тăрăх 8 гектар лартас вырăнне кунне 12,4 гектар лартнă. Машинăпа çĕрулми лартнă çĕрте 8 çын ĕçленине шута илсен, кашни çын пуçне пĕр кун хушшинче пĕрер гектар çурă çĕрулми лартнă! Мускав облаçĕнчи Бронницки районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри машинист Редькин юлташ тăватă ретпе çĕрулми лартмалли машинăпа сменăра 10—11 гектар лартса хăварнă. Тăваткал-кĕтеслĕ меслет акă мĕнле усă парать! Çавăнпа та ăна производствăна анлăн кĕртсе пырас пулать.

Çакна каламалла: СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин руководителĕсем ку ĕçре тĕрĕс мар позици тытаççĕ. Вĕсем çĕрулмие тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартассине машинăсем мĕн чухлĕ пуррине шута илсе планлаççĕ.

Пирĕн халĕ машинăсем сахал-ха, çавăнпа та, министерство сĕннĕ тăрăх, çĕрулми лаптăкĕн çуррине кăна çĕнĕ меслетпе лартмалла. Кунпа килĕшме çук. Çакна асра илтерни кирлĕ: тăваткал-кĕтеслĕ меслет колхозсенче ятарласа тунă машинăсем çук чухнех пуçланса кайнă. Апла пулин те, малта пыракан колхозсенче унпа усă курнă тата вăл пысăк усă панă. Эпир çитес çулта çĕрулмипе пур çĕрте те тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартса хăварма тивĕç. Çĕрулми лартмалли машинăсем туса кăларасси халĕ вăйлăн ӳссе пырать. Çапах та вĕсем халĕ çителĕклĕ пулмаççĕ-ха. Çĕрулмине культиваторпа, плугпа лартма тивет, анчах ăна тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартас пулать. Эпир çакна тусан тата çавна май çĕрулмине пăхса ӳстерес ĕçсене механизацилесен, çитес çултах ĕнтĕ çĕрулми тухăçлăхĕ чылай ӳсессине шанма пулать.

Çĕрулмие культиваторпа тата плугпа тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартас ĕçе, паллă ĕнтĕ ал вĕççĕн тăваççĕ. Çакă вăл çĕрулмипе пĕрлех шăтăка тислĕк хурса çемçетме май парать, ку вара унăн тухăçлăхне ӳстерес ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăнать. Раменски районĕнчи «Вперед к коммунизму» колхозра культиваторпа çĕрулми лартнă чухне хăйăрлă тăпра çинче шăтăка тислĕкпе минераллă удобренисен хутăшне 0,5-шер килограмм сапнă. Вара кашни гектартан 156-шар центнер çĕрулми илнĕ. Удобренисене çĕрулми лартакан шăтăка сапни вĕсемпе туллинрех усă курма май парать. Çавăн чухлĕ тухăçлăх илме тăпра çине 30—40 тонна тислĕк тăкма тивет пулсан, шăтăксене сапма тислĕк 10 тонна кăна кирлĕ. Çĕрулмие культиваторпа тата плугпа тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартма, çав хушăрах шăтăксене тислĕкпе минераллă удобренисем хутăштарса сапма кашни колхозпа совхозах пултарать. Кунта пĕтĕм ĕç руководительсенчен, вĕсем çĕнĕ меслет пĕлтерĕшне ăнланса илнинчен, вĕсем тимлĕн тăрăшнинчен тата ĕçе тĕрĕс йĕркелеме пултарнинчен—çынсене тĕрĕс вырнаçтарса тухма пĕлнинчен, хирсене тĕрĕс йĕрлесе тухнинчен тата ытти ĕçсене тума пĕлнинчен килет.

Вăрлăхсем çинчен калани кирлĕ. Халăхăн аслă халап пур: «Начар вăрлăхран лайăх тырă ан кĕт». Шел пулин те, çĕрулми вăрлăхĕ çине чылай çĕрте тӳнтерле, час-часах тата йăнăш пăхакансем пулаççĕ. Нумай колхозсемпе совхозсем япăх вăрлăхпа, нормăна чакарса лартаççĕ. Çав вăхăтрах çĕрулми лартмалли нормăна пăхăнни пысăк вырăн йышăнать, час-часах вăл пысăк тухăçлă çĕрулми туса илес ĕçре татăклă вырăн йышăнса тăрать. Тĕслĕхрен, Мускав облаçĕнчи малта пыракан колхозсем гектар пуçне 2—3-шер тонна вăрлăх лартаççĕ. Çĕрулмие лайăх пăхса ӳстернĕ чухне вĕсем кашни гектартан 20—25 тонна илеççĕ. Çав вăхăтрах, руководительсем тимсĕр пулнă пирки, нумай колхозсем гектар пуçне пĕрер тонна, пĕрер тонна çурă вăрлăх лартаççĕ. Паллах, вăрлăха çавăн пек нормăпа, çитменнипе тата япăх, вĕтĕ вăрлăх лартнă чухне тата çĕрулмие япăх пăхса ӳстернĕ чухне пысăк тухăçлă çĕрулми туса илессе кĕтме çук.

Хуçалăха малашне çавăн пек илсе пыма юрамасть. Кам та кам лартмалли нормăна чакарать, вăл пирĕн колхозсене пĕчĕк тухăçлăх илесси патне сĕтĕрет, çавнашкал работниксене хытă айăплас пулать. Кашни колхозăн çĕрулми вăрлăхĕ хăйĕн пулмалла, ăна сентябрь уйăхĕнче, çав вăхăтран кая юлмасăр тата пысăк тухăçлă участоксенчен пухса илнĕ çĕрулмипе хывса хăвармалла. Ун чухне çĕрулми тивĕ пулать тата ăна лайăх сыхласа усрама пулать. Çĕрулми вăрлăхне хывас ĕçе ăна пухса кĕртес вăхăтăн чи кайри срокĕсене хăварса пынине пĕтерес пулать. Çĕрулми пухса кĕртес ĕçсене час-часах октябрь уйăхĕн вĕçне çитичченех тăсса пыраççĕ, тепĕр чухне çав ĕçсем ноябрь уйăхне те кĕрсе каяççĕ. Шыв-шурсем пуçланаççĕ, шăнтма тытăнать, анчах колхоз вăрлăх хывман-ха. Çавăнпа та час-часах шăннă, типĕтмен çĕрулмие вăрлăхлăх хываççĕ. Çĕрулми усрама хунă вырăнсене çуркунне уçаççĕ те, вара çурри пăсăлса кайни палăрать. Кашни колхозпа совхозра çĕрулми вăрлăхне сентябрь уйăхĕнче хывсан,—çакна эпир тума тивĕçлĕ,—вара пирĕн çуркунне тĕлне лайăх пахалăхлă çĕрулми вăрлăхĕ çителĕклĕ пулать. Пур пулакан çĕрулми сорчĕсене лартса тумалли лаптăксене ӳстерни кирлĕ, кăнтăрти районсенче Т. Д. Лысенко академик меслечĕ тăрăх çĕрулмие çуллахи вăхăтра лартса тăвасси çине тимлĕрех пăхмалла.

Юлташсем! Халăх хуçалăхĕнче çĕрулмин пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. Çĕрулми вăл апат-çимĕç валли кирлĕ паха продукт кăна мар, çавăн пекех спирт, крахмал тата ытти продуктсем тумалли паха чĕртавар та пулать. Пĕр пек лаптăк çинче çĕрулми тата пĕрчĕллĕ культурăсем туса илес пулсан, çĕрулми лартнă лаптăк пĕрчĕллĕ тырăсем акнă лаптăкринчен спирт 4 хут ытларах парать. Çĕрулми выльăх-чĕрлĕхе, пуринчен ытларах сыснасене тата ĕне выльăхсене, çавăн пекех чăх-чĕпсене çитермелли питĕ паха апат пулса тăрать.

Д. Н. Прянишников академик кăтартса панă тăрăх, сыснасене 10 пăт çĕрулми çитернĕ хыççăн пĕр пăт какай хушăнать. Гектартан 15 тонна çĕрулми туса илсен, рацион тăрăх çĕрулмипе пĕрле кăштах тырă хушса çитерсен, çавăн чухлĕ çĕрулмипе 90 пăта яхăн сысна какайĕ илме пулать. Ĕнесене çĕрулми çитерессине йĕркелесен, вĕсенчен сĕт тата çу нумай илме пулать.

Çĕрулми туса илессине ӳстересси ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçри тĕп задачăсенчен пĕри пулса тухса тăрать. Çĕрулми кирлĕ чухлĕ туса илсен, эпир çитес икĕ çул хушшинче сысна какайĕ, сĕт, услам çу илессине чылай ӳстерме пултаратпăр.

Çĕрулмипе пахча-çимĕç туса илес ĕçре центрти хура тăпраллă мар районсем пысăк вырăн йышăнни çинчен уйрăммăн чарăнса тăни кирлĕ. Эпĕ кунта Мускав, Ленинград, Рязань, Тула облаçĕсене тата ытти хăшпĕр облаçсене, Белорус, Латви, Литва тата Эстони республикисене асра тытатăп, вĕсенче пысăк тухăçлă çĕрулми туса илмелли условисем уйрăмах лайăх. Шел пулин те, çак облаçсенче çĕрулми тата пахча çимĕç сахал туса илеççĕ-ха.

Ялхуçалăх органĕсем ку таранччен пахча çимĕç культурисем акассине тĕрĕс мар планласа пынă. Район 100 гектар купăста лартма задани илнĕ пулсан, вăл çав заданине пурпĕрех мĕнпур колхозсем тăрăх валеççе тухнă. Хăяр, помидор тата ытти культурăсем енĕпе те çавăн евĕрлех пулса пынă. Экономика тĕлĕшĕнчен илсен, çак принцип пачах тĕрĕс мар. Пахча çимĕçсем çитĕнтерме уйрăм условисем тата уйрăм тăпрасем кирлĕ. Пахча çимĕç культурисем нумайăшĕ, уйрăмах купăста, айлăмсенчи нӳрĕ тăпраллă çĕрсем çинче тухăçлăрах çитĕнеççĕ. Пирĕн вара улăх-çаранлă вырăнсенче, шыв çывăхĕнче вырнаçнă колхоза та, ун пек çĕрсем çук колхоза та пĕр пек заданисемех параççĕ. Колхозсен вара купăстана тата ытти пахча çимĕçе юрăхсăр çĕр çине лартма тивет. Çавăн пек колхозсем, ĕç вăйĕ тата укçа-тенкĕ нумай пĕтерсе, пĕчĕк тухăçлă пахча çимĕç туса илеççĕ.

Пахча-çимĕç культурисене мĕнле вырнаçтарса тухмалла-ха? Çак задачăна тĕрĕсрех татса парас тесен, пахча çимĕç культурисене вĕсем валли юрăхлă çĕрсем пур районсенче ытларах туса илмелле тăвас пулать. Мускав облаçĕнчи партипе совет организацийĕсем çак çулпа пыраççĕ те ĕнтĕ, Вĕсем Правительствăра пăхса тухма «Колхозсенче пахча çимĕç культурисене вĕсем валли юрăхлă çĕрсем çинче акса тăвасси тата вăл ĕçе механизацилесси çинчен» постановлени проектне тăратрĕç. Мускав облаçĕ енĕпе панă сĕнӳсене Правительство пăхса тухса çирĕплетрĕ. Халĕ ĕнтĕ облаçри колхозсенче пахча çимĕçе, чи малтан купăстана, çак ĕç валли чи юрăхлă çĕрсем çинче—улăх-çаранлă вырăнсенче ытларах туса илме тытăнассĕ.

Халиччен Мускав облаçĕнче пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе 1372 колхоз ĕçленĕ пулсан, халĕ вара çак ĕçе тĕпрен илсен 252 колхозра туса пымалла пулать, çак шутран 141 колхозра пахча çимĕçе юханшыв таврашĕнчи çĕрсем çинче туса илмелле. Мускав, Ока, Яхрома, Клязьма шывĕсен тата ытти юханшывсен улăх-çаранĕсенче пахча çимĕç туса илмелли лаптăксем 1952 çулта 6 пин гектар пулнă пулсан, 1954 çулта вĕсен хисепĕ 12 пин гектар таран ӳсмелле. Мускав облаçĕнче пахча çимĕç туса илессине çакăн пек йĕркелени тата вĕсен тухăçлăхне ӳстерни Мускав хулинче тата облаçри ытти хуласенче пурăнакан халăх валли купăста, кишĕр, хĕрлĕ кăшман çителĕклĕ таран туса илме май парать, çавăн пекех тата облаçра туса илнĕ помидорпа хăяра халăха парса тăрассине вăйлатма пулăшать.

Мускав облаçĕн тĕслĕхĕпе пахча çимĕç культурисем акассине пĕр çĕререх пухас ыйтăва ытти облаçсем, крайсем тата республикăсем тăрăх та татса парас пулать.

(Малалли 2-мĕш страницăра).

*) Малалли. Пуçламăшĕ 183-мĕш номерте.

## ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков Китай Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Посолне Чжан Вэнь-тяня йышăнни

Сентябрĕн 17-мĕшĕнче Китай Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Чжан Вэнь-Тянь СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков патĕнче пулнă.

Йышăну вăхăтĕнче Посол Г. М. Маленкова Совет Союзĕ Китай Халăх Республикине экономика строительствинче пулăшу панă май Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Председателĕнчен Мао Цзэ-дунран илнĕ телеграмма текстне панă.

Телеграмма текстне парса, Посол çапла пĕлтернĕ: çак телеграммăна СССР Правительствине ярса пама Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви Совечĕн 1953 çулхи сентябрĕн 15-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче, Китай Халăх Республикин Правительство делегацийĕн членĕ Ли Фу-чунь Китай Халăх Республикине экономика строительствинче Совет Союзĕ пулăшу парас ыйту тăрăх Совет Правительствипе Мускавра иртнĕ калаçусен итогĕсем çинчен доклад тунă май, йышăннă.

Телеграмма текстне илсе, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков çапла каланă: аслă Китай халăхĕ çĕршывăн экономикипе культурине ӳстерес ĕçре тунă çитĕнӳсемпĕн совет халăхĕ савăнать. Китай çĕршывне малалла экономика енĕпе аталантарас тата индустриализацилес ĕç çирĕп никĕс çинче тата шанчăклă алăра тăрать. Китай Халăх Республики чечекленсе пытăр, Китайпа СССР хушшинчи аслă туслăх союзĕ пирĕн çĕршывсен ырлăхĕшĕн, мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетессишĕн малалла çирĕпленсе пытăр, тесе Совет Союзĕн Правительстви ырă сунать.

Йышăнура СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов пулнă.

***Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне***

## Г. М. МАЛЕНКОВ юлташа

Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви Совечĕн 1953 çулхи сентябрĕн 15-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче Китай Халăх Республикин Правительство Делегацийĕн членĕ Ли Фу-чунь юлташ пирĕн çĕршыва экономика строительствинче Совет Правительстви пулăшу парас ыйту пирки Совет Правительствипе иртнĕ калаçусем çинчен тунă доклада пысăк кăмăлпа итленĕ. Центральнăй Халăх Правительстви Совечĕ, пĕр шухăшлă пулса, çапла шутлать: Аслă Совет Союзĕн Правительстви 91 предприятие çĕнĕрен тăвас тата реконструкцилес ĕçре, халĕ тума пуçланă тата реконструкцилеме тытăннă 50 предприятие туса пĕтерес тата реконструкцилес ĕçре Китая экономикăпа техника енĕпе пулăшу пама килĕшнине пула, Китай халăхĕ, Совет Союзĕн малта пыракан опытне тата техника енĕпе тунă çĕнĕ çитĕнĕвĕсене пĕтĕм вăйран вĕреннипе, майĕпен хăйĕн хăватлă йывăр индустрине туса хума пултарать. Çакă вăл Китая индустриализацилеме, Китая майĕпен социализм патне куçма, çавăн пекех Совет Союзĕ ертсе пыракан мирпе демократи вăйĕсене тĕреклетме кирлĕ питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать.

Икĕ государство та, калаçусем пулса иртнĕ вăхăтра, 91 предприяти туса лартасси çинчен тăракан ыйтăва татса панă, нумай вăхăтлăха пулăшу парасси çинчен тăракан ыйтăва татса панă. Историре халиччен кун пек ĕç туни пулман. Çакăнта аслă Сталин çапла каланă чăнлăх туллин палăрса тăрать: «Пĕр-пĕринпе çакăн пек килĕштерсе ĕçленин опычĕ акă мĕн кăтартса парать: халăх демократи çĕршывĕсене Совет Союзĕ чăн-чăнах паха тата техника тĕлĕшпе квалификациллĕ пулăшу парса тăрать, ун пек пулăшăва вĕсене капитализмла пĕр çĕршыв та парайман пулĕччĕ. Ĕç çав пулăшу питех те йӳнĕ тата техника енĕпе чи паха пулнинче кăна мар. Ĕç чи малтан акă мĕнре: çакăн пек килĕштерсе ĕçленин никĕсĕ пĕр-пĕрне тӳрĕ кăмăлпа пулăшма тăрăшни тата экономикăра пĕтĕмĕшле ӳсĕм тума тăрăшни пулать».

Калаçусем пынă вăхăтра Совет Правительстви хăйĕн социализмла аслă строительствăн 30 çул ытла вăхăт хушшинче пухăннă пуян опычĕ çине таянса, пирĕн çĕршывăн пилĕк çуллăх планĕн задачисем тĕлĕшĕнчен принциплă тата конкретлă канашсем чылай пачĕ. Çак канашсем пире Китайри экономика строительствинчи нумай йăнăшсенчен тата нумай кукăр-макăр çулсенчен хăтăлма пулăшассĕ.

Китай Правительстви тата Китай халăхĕ ячĕпе эпĕ Совет Правительствипе совет халăхне çак аслă, пур енлĕ, нумай вăхăтлăха тата ырă кăмăлпа панă пулăшушăн чĕререн тав тăватăп. Китай Правительствипе Китай халăхĕ пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕшĕн пыракан пĕтĕмĕшле кĕрешӳ интересĕсемшĕн Совет Союзĕпе Китай хушшинчи экономикăлла çыхăнупа туслă союза тĕреклетме хăйсен ӳссе пыракан вăйне парĕç.

**Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Председателĕ МАО ЦЗЭ-ДУН.**

1953 çулхи сентябрĕн 15-мĕшĕ. Пекин.

## ТАСС ПĔЛТЕРНИ

**Совет Союзĕнче çĕнĕ йышши атомлă бомбăсене сăнаса пăхни çинчен**

Атом энергийĕ енĕпе иртterекен наукăпа тĕпчев ĕçĕсен планĕ тăрăх, юлашки эрнесенче Совет Союзĕнче темиçе çĕнĕ йышши атомлă бомбăсене сăнаса пăхнă. Сăнавсем ăнăçлă иртнĕ. Вĕсем ученăйсем тата инженер-конструкторсем малтан шутласа пăхнисене пĕтĕмпех çирĕплетсе панă.

Паллах ĕнтĕ, США-ри ответлă çынсем СССР атомлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен çине тăрса паракан сĕнӳсене сирсе янă вăхăтра Совет Союзĕн, хăрушсăрлăх ыйтăвĕсене шута илсе, атомлă хĕçпăшал туса кăларасси çине тимлĕн пăхма тивет. Çакăнпа пĕрлех Совет Союзĕ малашне те атомлă, водородлă тата çынсене массăллăн пĕтермелли ытти йышши хĕçпăшалсене пĕтĕмпех чарса лартасси çинчен, хĕçпăшалсене чылай чакарасси çинчен, çак решенисене пурнăçланине пĕтĕм тĕнчипе çирĕппĕн тĕрĕслесе тăрасси çинчен ытти çĕршывсемпе килĕшӳсем тума тăрăшса, халăхсем хушшинче мире çирĕплетес политикăна тытса пырĕ.

Çакăнпа пĕрлех Совет Союзĕнче атом энергийĕпе промышленность ĕçĕсенче усă курмалла тăрас енĕпе ĕçсем пыраççĕ. Совет Союзĕ атом энергине мирлĕ прогресс ĕçне пăхăнтармалла тăвассине хăйĕн питех те кирлĕ задачи тесе шутлать.

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ докладĕ

(Малалли).

Пахча çимĕç туса илессине вăйлатас ĕçре рет хушшисене кăпкалатассине механизациленĕ уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Колхозсенчи нумайăшĕнче пахча çимĕç культурисене туса илес ĕçсене пуринчен ытларах ку таранччен ал вĕççĕн тăваççĕ. Çакна йĕркеллĕ мар тесе йышăнмалла. Мĕншĕн-ха пахча çимĕçсенчен чылайăшне тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартма тытăнас мар? Çавăн пек ыйтăва министерство руководителĕсем умне лартсан, вĕсем çапла ответлеççĕ: тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартмалли машинăсем çук, теççĕ. Анчах кун пек калани вăл тĕрĕс мар! Купăстапа помидор калчисене, илан тĕлĕ пекех, йăрансем çине халĕ те алăпа кăларса лартаççĕ. Апла пулсан, вĕсене тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе вырнаçтарса тухма ĕçкунĕсем çинĕрен расходлама кирлĕ пулмасть. Çак меслетпе лартма ĕç ытларах каять, тесе шутласан та кун пек тусан колхоз малашне тумалли ытти ĕçсенче ĕç вăйĕ сахалтарах пĕтерет. Ӳсентăрансене тăваткал-майпа вырнаçтарса тухсан, эпир ретсем хушшине кăпкалатас ĕçе тракторсемпе тума пултаратпăр, кăкарса ĕçлемелли хатĕрсем çук пулсан, лаша кӳлсе ĕçлемелли культиваторсемпе ĕçлеме май пулать. Ретсем хушшине вăхăтра кăпкалатни вара пахча çимĕçсене тухăçлăрах туса илме май парать. Çавăнпа та 1954 çулхи суркунне купăстапа помидора, кăвак баклажана тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартмалла. Тăваткал-кĕтеслĕ меслетпех хăяр, кабачки, кавăн, арбуз лартмалла.

Пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне ӳстермелли чи кирлĕ майсенчен пĕри вăл пахча çимĕç калчине çĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем çинче ӳстерни пулать. Çак паха ĕçе тума çирĕм çул каярах Эдельштейн профессор сĕннĕ. Анчах ялхуçалăх органĕсем пахча çимĕç калчисене пур çĕрте те çĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем çинче ӳстермелле тăвас енĕпе нимех те туман. Ку меслетпе ăста усă кураççĕ, унта тĕлĕнмелле паха результатсем илеççĕ. Мускав облаçĕнчи Мытищи районĕнчи «Память Ильича» колхоз, çĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем çинче ӳстернĕ пахча çимĕç калчисене лартса, 13 çул хушшинче пĕрмаях ирхи купăста гектартан вăтам шутпа 447 центнер туса илнĕ. Çĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексемпе усă курнине пула колхозниксем кашни гектар пуçне купăста тухăçлăхне 100 центнер чухлĕ ӳстернĕ.

Мускав сывăхĕнче Горький ячĕпе тăракан совхоз пур, унта агроном Филатов юлташ ĕçлет. Вăл хăйĕн ĕçĕн чăнчăн энтузиасчĕ. Пахча çимĕç калчисене çĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем çинче лартса-туса, вăл ирхи пахча çимĕçсем питĕ тухăçлă туса илет тата пахча çимĕç çитĕнтерсе кашни гектартан пысăк тупăш илет. Совхозра 1953 çулта ирхи купăстана июнĕн 25-мĕшĕнчен, чечеклĕ купăстана июнĕн 11-мĕшĕнчен пуçласа пухса кĕртме тата государствăна пама тытăннă. Ирхи купăста гектартан вăтам шутпа 298 центнер, чечеклĕ купăста—241 центнер тухнă. Кашни гектар çĕр çинчи ирхи купăстаран 65 пин тенкĕ, чечеклĕ купăстаран—82 пин тенкĕ тупăш илнĕ. 1952 çулта совхоз августăн 1-мĕшĕччен государствăна ирхи пахча çимĕç 7 миллион та 334 пин тенкĕлĕх панă, 1953 çулта вара çав вăхăт тĕлнех ирхи пахча çимĕç 11 миллион та 154 пин тенкĕлĕх сутнă. Пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне ӳстермелли çав çĕнĕ питĕ чаплă меслетĕн усси çакăн пек ĕнтĕ. Халĕ ĕнтĕ ĕç акă мĕнре пулать: пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен кашни совхозпа колхозрах пахча çимĕç калчисене çĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем çинче çитĕнтерес ĕçе организацилемелле.

Колхозсемпе совхозсем пахча çимĕçĕн çакăн пек паха культурисене, сăмахран, баклажан, пăрăç, кабачки, помидор, симĕс пăрçа питех те сахал акаççĕ. Çакă вăл апат-çимĕç промышленноçĕ консервăсем туса кăларассине чарса тăрать. Задача çакăнта пулать: çитес çул е икĕ çул хушшинче çак культурăсен лаптăкĕсене тата вĕсен тухăçлăхне ӳстермелле. Арбузсемпе дыньăсем туса илме лайăхрах майсем пур районсенче вĕсене тата ытларах акса тумалла.

Юлашкинчен, парниксемпе теплицăсем çинчен. Пахча çимĕç туса илес ĕçе эпир лайăх парниксемпе теплицăсен хуçалăхне туса хумасăр лайăхлатма пултараймастпăр. Малтан шутласа пăхнă тăрăх, колхозсенче пахча çимĕç калчисем ӳстерме кăна 14 миллион парник рамисем кирлĕ, кăçал вара пирĕн колхозсен парник рамисен пĕтĕмпе те 5 миллиона яхăн çеç пулнă. Колхозсене парник рамисем парсе тăрассине ку таранччен йĕркелемен-ха. Халĕ хатĕрлекен парник рамисене ытла та хаяла сутаççĕ. Парник хуçалăхне аталантарас ыйтусене вăраха тăсмасăр татса памалла.

Май пур çĕрте промышленность предприятийĕсем усăсăрах кăлара-кăлара яракан ăшăпа обязательнăй йĕркепе усă курмалла. Пахча çимĕç тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсем час-часах парниксене ăшăтмалли биологилле топливо тата ăшăтнă тăпра, çавăн пекех теплицăсене ăшăтма çĕр кăмрăкĕ, вутă çитменнипе аптăраççĕ. Çав вăхăтрах промышленность усăсăрах кăларса пăрахакан йӳнĕ топливăпа (пăспа, вĕри шывпа) питĕ сахал усă кураççĕ-ха. Хăшпĕр колхозсен ку тĕлĕшри тĕслĕхĕ çакна кăтартса парать: топливăн çак çăлкуçĕпе теплицăсемпе парниксене ăшăтнă çĕрте ăнăçлăнах усă курма пулать.

Промышленность усăсăрах кăларса тăкакан топливăпа Мускав облаçĕнчи Ухтомски районĕнчи Виççĕмĕш пилĕкçуллăх ячĕпе тăракан колхоз усă курать. 1952 çулта колхозниксем 1080 тăваткал метр лаптăк йышăнакан теплицăсем тунă, вĕсене ăшăтма колхозпа юнашарти завод ĕçленĕ хыççăн юлакан пăспа усă курнă. Кун пек тĕслĕхсем питех те сахал-ха. Промышленность предприятийĕсем усăсăрах кăлара-кăлара яракан ăшăпа парниксене ăшăтас ĕçре, ку тĕлĕшпе питĕ пысăк майсем пур пулин те, Донбасра, Ленинградра, Горькире, Свердловскра тата ытти хуласенче усă курмаççĕ.

Колхозсемпе совхозсене парниксене пăспа, çавăн пекех тата электричествăпа ăшăтма тытăнма сĕнес пулать, çакă вăл колхозниксен ĕçне çăмăллатать тата пахча çимĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшать. Сăмахран, Москворецк районĕнчи «Память Ильича» колхоз парниксене пăспа ăшăтас ĕçе 1952 çултанпах туса пырать. Кăçал унăн пăспа ăшăтса тăнă 1200 парник рами пулнă. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне колхоз вăтам шутпа пăспа ăшăтнă парниксенчен кашни рама пуçне 28 килограмм, биологилле майпа ăшăтнă парниксенчен—19 килограмм пахча çимĕç илнĕ. Пахча çимĕçе парниксенче пăс ăшăтнипе туса илнĕ чухне кашни ĕçкунĕ пуçне 26 килограмм, биологилле топливăпа ăшăтнă чухне 15 килограмм пахча çимĕç тивет.

1952 çулта çак артельти колхозниксем кашни гектартан 485 центнер купăста тата 260 центнер помидор туса илнĕ. Усă тăпра çинче пахча çимĕç культурисем туса илсе кашни гектартан 56 пин тенке яхăн тупăш илнĕ. 1952 çулта колхозра укçан кăна кашни ĕçкунĕ пуçне 22 тенкĕ те 76-шар пус валеçнĕ.

Çапла ĕнтĕ, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине ӳстерме çакăн пек туни кирлĕ:

çак культурăсене туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсене тата колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен интереслентерессине вăйлатмалла;

çĕрулми, пахча çимĕç культурисем лартас тата ретсем хушшине кăпкалатас ĕçсене механизацилемелле, ку ĕçре тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе анлăн усă курмалла:

пахча çимĕç культурисене çав культурăсем ăнăçлăн ӳсекен çĕрте—улăх-çаранлă тата айлăмлă çĕрсенче вырнаçтарса тухмалла;

тислĕк тата вырăнти ытти удобренисем хатĕрлессине, çĕре çемçетме торф пухса хатĕрлессине пур майсемпе те вăйлатмалла, çапла майпа çĕрулмипе пахча çимĕçсене лайăх çемçетнĕ çĕр çине лартмалла;

парниксемпе теплицăсен хуçалăхне ӳстермелле, пахча çимĕç калчисене çĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем çинче ӳстерес ĕçе куçмалла.

Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес енĕпе тухса тăракан задачăсем пысăк. Питех те кĕске вăхăт хушшинче çак культурăсене пирĕн çĕршыври ĕççыннисен ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕçтерме кирлĕ чухлĕ туса илмелле тăвас пулать. Эпир ку задачăна пурнăçлама пултаратпăр. Ăна татса памалла тата ăна эпир татса паратпăр та.

## 4. Тĕштырăсен тата техникăлла культурăсен тухăçлăхне ӳстересси çинчен

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, çĕрулми тата пахча çимĕç туса илес ĕç кая юлнине пĕтерсе пырса, пирĕн тĕштырă акса тăвассине хăвăртрах малалла ӳстерсе пымалла. Ку вăл халăхăн çăкăр тĕлĕшпе ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме кăна мар, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене тата чи малтан выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине хăвăрт вăйлатса яма кирлĕ.

Тĕштырă акса тăвас тĕлĕшре ялхуçалăхĕн ытти хăшпĕр отраслĕсенчинчен пысăкрах çитĕнӳсем тунă. Вăрçă вăхăтĕнче сиен курнă тĕштырă хуçалăхне эпир кĕске вăхăтрах юсаса çитертĕмĕр тата ăна сартăмăр. Апат-çимĕç тумалли хаклă культура—тулă акакан çĕр лаптăкĕ хăвăрт ӳссе пырать. Хальхи вăхăтра тулă акакан лаптăк вăрçă умĕн пулнинчен 8,1 миллион гектар ытларах шутланать. Тĕштырă хуçалăхне аталантарас ĕçре Украина, Сурçĕр Кавказ, Крым районĕсем пысăк çитĕнӳсем турĕç. Кунта тулă вăрçăчченхи чухлĕ тата унтан та ытларах акаççĕ, кĕрхи тулă уйрăмах нумай акма тытăннă, унăн тухăçлăхĕ ӳснĕ.

Нумай колхозсем тата районсем кашни гектартан 150—200 пăт тата ытларах та тулă пухса кĕртеççĕ. Чăваш АССР-ĕнчи Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз çурхи тулă гектартан 212 пăт пухса кĕртет. Николаев облаçĕнчи Баштанка районĕнчи колхозсем 1952 çулта акнă пĕтĕм лаптăк çинче гектартан 170 пăт кĕрхи тулă пухса кĕртнĕ.

Çакă вăл пысăк çитĕнӳ. Анчах чылай колхозсемпе совхозсенче халĕ те тĕштырăсен тата уйрăмах пăрçа йышши культурăсен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ-ха. Ку тĕлĕшпе уйрăмах хура тăпраллă мар тăрăхри, вăтаçĕрти хура тăпраллă облаçсенчи, Атăл тăрăхĕнчи, Хĕвеланăç Çĕпĕрти тата Казахстанри районсем юлса пыраççĕ.

Колхозсемпе совхозсен тулă, ыраш, урпа, сĕлĕ тата ытти тĕштырăсем акса тăвассине çултан-çул ӳстерсе пыма пысăк майсем пур.

Тулă акса тăвасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Кĕрхи тулăпа çурхи тулă акса тăвассине ӳстерсе пыма, çав культурăна акса тăвакан кивĕ районсемсĕр пуçне, вăтаçĕрти хура тăпраллă облаçсенчи, Атăл тăрăхĕнчи, Украинăн вăрманлă-çеçенхирлĕ пайĕнчи нумай районсенче, çавăн пекех тата хура тăпраллă мар тăрăхри чылай районсенче пысăк майсем пур. Агротехникăн мĕнпур условийĕсене пурнăçласа пырсан, çав районсенче кĕрхи тата çурхи тулă пысăк тухăçлă пулать.

Выльăхсене çитермелли тĕштырăсем акса тăвасси юлса пынине татăклăн пĕтерес пулать, çав культурăсен тухăçлăхĕ халĕ питĕ пĕчĕккĕ-ха.

Пирĕн кĕрпе тумалли культурăсем çителĕксĕр акаççĕ тата çак культурăсен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Çавна пула хуратул тата вир хатĕрлесси нумай чакнă. Хуратул питĕ кирлине пурте пĕлеççĕ. Анчах çак культурăна акса ӳстерес ĕçе мĕнле тăваççĕ-ха? Ăна, ялан пекех, кая юлса, япăх çĕр çине акаççĕ, акас умĕн тăпрана лайăх çемçетмеççĕ, тăрмалама пулăшмалли ĕçсене тумаççĕ, хуратул акнă пуссене вĕллесем кăларса лартмаççĕ т. ыт. те. Вир тухăçлăхне ӳстерессишĕн чăннипех кĕрешни çук, вире анлă ретпе акас майпа усă курмаççĕ, анлă ретпе акнă çĕрте те рет хушшисене çемçетмесĕр вырттарни час-часах пулать. Вире е урăх культурăна анлă ретпе акнă пулсан, анчах рет хушшисене çемçетсе тăмасан, вăл пысăк тухăçлă пулмасть. Çавăн пекех тата кĕрпе тумалли культурăсем акса ӳстерме çителĕксĕр хавхалантарнине те палăртас пулать: Хатĕрленĕ чухне 40 кĕренке вирпе 34 кĕренке тулăпа е 40 кĕренке ырашпа танлаштараççĕ, çапла туни колхозниксене вир акса тума ытларах интереслентерме пулăшмасть. Çав культурăсене улăштарма тĕрĕс эквивалент кăтартса памалла.

Эпир Кăнтăрти, Кавказ леш енчи, Вăтам Азири, Кăнтăр Казахстанри тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи облаçсемпе республикăсенче рис ытларах акса тума пултаратпăр.

Лайăхрах ĕçлекенсене ĕçшĕн хушса тӳлени хавхалантармалли хăватлă май пулса тăрать, анчах нумай колхозсенче тĕштырă акса тăвакансене хушса тӳлемеççĕ,—ку вăл пысăк çитменлĕх. Тырпул тухăçлăхĕ мĕн чухлĕ пулсан хушса тӳлемеллине кăтартакан показательсене ӳстерсе янă, çавăнпа нумай колхозсенчи колхозниксем хушса тӳлемеллине илеймеççĕ. Хушса тӳлемеллине памалли йĕркене çĕнĕрен пăхса тухма вăхăт çитнĕ.

Пирĕн чумиза çинчен те манмалла мар. Çак культура тĕлĕшпе малалла ĕçлемелле, пысăкрах тухăçлă сортсене палăртса, вĕсене сăнав станцийĕсенче тата колхозсемпе совхозсенче акса сăнаса пăхмалла.

Çĕршыври халăха тĕрлĕрен апат-çимĕç продукчĕсем çителĕклĕ парса тăма пăрçа йышши культурăсем—пăрçа, фасоль, ясмăк, соя акса ӳстерессине пур майсемпе те сарса пымалла.

Юлашки çулсенче колхозсем çу кăлармалли культурăсем нумайрах, вăрçă умĕнхинчен ытларах акаççĕ. Хĕвелçаврăнăш тухăçлăхне ӳстерме пысăк майсем пур. Анчах, шел пулин те, унăн тухăçлăхĕ пĕчĕк пулать-ха. Çав вăхăтрах хĕвелçаврăнăшне лайăх пăхса ӳстерекен колхозсем тата районсем пысăк тухăçлă хĕвелçаврăнăш пухса кĕртеççĕ. Ку тĕлĕшпе Сталино облаçĕнчи Марьински район ырă тĕслĕх пулма пултарать, унти колхозсем гектартан 18 центнер ытла хĕвелçаврăнăш вăрри пухса кĕртеççĕ.

Çак культурăна тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе акма тытăнсан, çакă вара ăна акса тăвас ĕçсене механизацилеме, вăл ĕçсене лайăх тата вăхăтра туса пыма, хĕвелçаврăнăш тухăçлăхне хăвăрт ӳстерме май парать. Çапла эпир çĕршыва ӳсентăран çăвĕ çителĕклĕ парса тăма пултарăпăр.

Хĕвелçаврăнăшĕпе пĕрлех йĕтĕн-кудряш, клещевина, арахис, горчица, рыжик, çу кăлармалли тата ытти культурăсен вăррине ытларах тума мĕнпур майсемпе тăрăшмалла.

Çĕр мамăкĕ тăвас ĕçре пысăк çитĕнӳсем пур. Кăçал шăваракан çĕрсем çине хлопчатник 1940 çулхинчен 317 пин гектар ытларах акнă. Шăварса ӳстерекен районсенче 1952 çулта чĕрĕ çĕр мамăкĕ кашни гектартан вăрçă умĕнхинчен 6 центнер ытларах пухса кĕртнĕ. Иртнĕ çулта çĕр мамăкĕ 1940 çулхинчен 70 процент нумайрах хатĕрленĕ. Çĕршер колхозсем вăтам шутпа гектартан 30—40 центнер, нумай бригадăсемпе звеносем 50 центнер тата ытларах та чĕрĕ çĕр мамăкĕ пухса кĕртнĕ.

Çак питĕ хаклă культурăна акса тăвассине малашне те сарса пымалла. Хлопчатник акса ӳстерекен районсенче халиччен усă курман питĕ пысăк резервсем пур. Иртнĕ çулта хлопчатник акса ӳстерекен колхозсенчен виççĕмĕш пайĕ кашни гектартан 15 центнертан та сахалтарах чĕрĕ çĕр мамăкĕ пухса кĕртнĕ. Çавна асра тытсан, ун пек колхозсенче çĕр мамăкĕ гектартан 20—25 центнер та пулин пухса илмелле туни мĕн пама пултарни калamasărах паллă. Çакăн пек задача чи малтан Казахстанри хлопчатник акса ӳстерекен колхозсем умĕнче тăрать, унта хлопчатник халичченех пĕчĕк тухăçлă пулать—вăтам шутпа гектартан 11—12 центнертан ытла тухмасть. Киргиз ССР-ĕнче, Туркмен ССР-ĕнчи Ташауз облаçĕнче, Кара-Калпак АССР-ĕнче çĕр мамăкĕ тăвасси вăраххăн ӳссе пырать. Узбек ССР-ĕнчи Хорезм тата Самарканд облаçĕсенче çĕр мамăкĕ тăвассине ӳстерсе пымалли пысăк майсемпе усă курмаççĕ.

Хлопчатник акса ӳстерессине малалла сарса пыма шăваракан çĕрсемпе çителĕксĕр усă курни чарса тăрать. Çĕрсене мелиораци енĕпе лайăхлатас ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ.

Çĕр мамăкĕ тăвассине чи кĕске срокрах чылай ӳстермелле, çапла вара çак хаклă чĕртавара çăмăл промышленность валли çителĕклĕ парса тăмалла.

Сахăр кăшманĕ акса ӳстерес тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тунă. Çак культурăна акнă çĕр лаптăкĕ 1953 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, 28 процент ытларах пулнă, сахăр кăшманĕн тухăçлăхĕ те ӳснĕ. Çĕршывра сахăр тăвасси 1950 çултах вăрçă умĕнхи шайран иртнĕ, унтанпа пĕрмаях ӳссе пырать. Анчах халăха сахăр халĕ туса кăларнинчен ытларах кирлĕ. Çакăн пек задача тăрать: пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле сахăр кăшманĕ 65—70 процент ытларах акса ӳстермелле, 1952 çулта сахăр кăшманĕ 220 миллион центнер пухса кĕртнĕ пулсан, ăна кашни çул 350 миллион центнера яхăн пухса кĕртмелле тăвас пулать. Çакна сахăр кăшманĕ акса ӳстерекен тĕп районсенче ытларах акнипе, çĕнĕ районсенче сахăр кăшманĕ акмалла тунипе тата, пуринчен ытла, сахăр кăшманĕн тухăçлăхне ӳстерсе ăна нумайрах пухса кĕртнипе пурнăçлама пулать.

Курск тата Харьков облаçĕсенче ĕç мĕнле тăнине танлаштарса пăхсан, сахăр кăшманĕн тухăçлăхне ӳстерме пысăк майсем пурри, агротехникăна япăх пурнăçланă пирки колхозсем тата государство нумай çухатни уççăн курăнать. Çак кӳршĕллĕ облаçсенче ялхуçалăхне аталантармалли условисем пĕр пекех. Анчах ĕç результачĕсем вара пĕр пек мар.

Государствăна сахăр кăшманĕ панă,—гектартан центнерпа:

| | Çулсем | | | |
|---|---|---|---|---|
| | 1940 | 1950 | 1951 | 1952 |
| Курск облаçĕ | 92 | 94 | 139 | 96 |
| Харьков облаçĕ | 183 | 190 | 213 | 185 |

1952 çулта Курск облаçĕнчи колхозсем сахăр кăшманĕ 131 пин гектар акнă, Харьков облаçĕнчи колхозсем—икĕ хут сахалрах—62 пин гектар акнă. Вĕсем сахăр заводĕсене сахăр кăшманĕ панă хисеп пĕр тан пекех: Курск облаçĕ—12,6 миллион центнер, Харьков облаçĕ—11,5 миллион центнер панă. Ку вăл чи малтан агротехникăна пĕр пек пурнăçласа пыманнинчен килнĕ. Акă 1952 çулта уйри тĕп ĕçсене мĕн вăхăтра туса иртернине кăтартакан цифрăсем:

| | Курск облаçĕнче | Харьков облаçĕнче |
|---|---|---|
| Сахăр кăшманĕ акнă | 20 кунта | 10 кунта |
| Тăпрана кăпкалатнă | 45 » | 30 » |
| Калчине сайралатнă | 55 » | 30 » |
| Пухса кĕртнĕ | 70 » | 55 » |

Харьков облаçĕнче сахăр кăшманĕн калчине пăхса ӳстерес ĕçе те Курск облаçĕнчинчен чылай лайăхрах туса пынă. Çаксем ĕнтĕ Курск облаçĕнче ялхуçалăхне çителĕксĕр ертсе пыни çинчен калаççĕ.

Техникăлла паха культурăсем пулса тăракан йĕтĕн-долгунец тата кантăр çине тимлĕрех пăхни кирлĕ. Юлашки çулсенче çак культурăсене ытларах акса ӳстерме лайăх условисем пулса тăчĕç. Нумай колхозсем, йĕтĕнпе кантăр продукцийĕ памалли плансене тултарса тата иртерсе тултарса, çак культурăсенчен пысăк тупăш — йĕтĕнпе кантăр акнă кашни гектар пуçне 10 пин тенкĕ тата ытларах та илеççĕ. Вăрçă хыççăн Правительство йĕтĕн тата кантăр акса тăвакан районсенчи МТС-семпе колхозсене пысăк пулăшу панă пулин те, çак культурăсене акса тăвас ĕç çаплах питĕ çителĕксĕр пулса пырать-ха. Нумай облаçсенче, крайсенче тата республикăсенче йĕтĕн-долгунец тата кантăр акса тăвассине ӳстерсе пыма тăрăшмаççĕ. Çав культурăсене акнă çĕр лаптăкне вăрçă умĕнхи хисепе çитермен, ку çеç те мар, йĕтĕн-долгунец тата кантăр акнă çĕр лаптăкĕ 1950 çулта акнинчен те чакнă. Йĕтĕн-долгунецпа кантăр тухăçлăхĕ тата таварлăхĕ халĕ те çаплах пĕчĕккĕ. Колхозсем хăйсем валли йĕтĕн-долгунец вăрлăхĕ çителĕклĕ хатĕрлеччĕр тесе сахал тăрăшаççĕ.

Йĕтĕн акса тăвассине вăйлатса, аталантарса пырас тĕлĕшпе Смоленск, Иваново, Кострома, Киров, Великие Луки, Брянск тата Тюмень облаçĕсенче, кантăр акса тăвассине аталантарас тĕлĕшпе Пушкăрт АССР-ĕнче, Мордва АССР-ĕнче, Орел, Тамбов, Горький облаçĕсенче тата Белорус ССР-ĕнче ĕç уйрăмах япăх тăрать.

Йĕтĕнпе кантăр акса тăвассине ӳстерсе пыма чăрмантаракан тĕп сăлтавсенчен пĕри вăл—çак культурăсене акса пăхса ӳстерес, пухса кĕртес тата уйрăмах сӳс тума хатĕрлес ĕçе сахал механизациленĕ пулать.

Кашни колхозрах йĕтĕн çурăмĕсене пултарма сарса хума, шыва хутса кăларма, сарнă çĕртен пухма ĕç вăйĕ нумай пĕтерме тивет. Ĕç вăйĕ çителĕксĕр пулнă пирки тата ĕçсене сахал механизациленĕ пирки, колхозсем çав ĕçсене вăхăтра тăваймаççĕ, вара йĕтĕн ахалех нумай пĕтет. Ялхуçалăх органĕсен йĕтĕн акса тăвас ĕçе механизацилес тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлеме тытăнмалла. Новосибирск облаçĕнче йĕтĕне тирпейлес ĕçре туса пăхнă опыта шута илни вырăнлă пулать. Иртнĕ çулта çав облаçри Маслянински тата Волотнински районĕсенчи 10 колхоз, опыт туса пăхас шутпа, йĕтĕне уйран тӳрех йĕтĕн завочĕсене леçсе панă. Заводсенче йĕтĕне çапнă тата тирпейлесе сӳс тунă. Çавна пула ку колхозсенче сутлăх сӳс виçĕ хут—виçĕ хут çурă ытларах тухнă, йĕтĕн вăрри—икĕ хутран пуçласа тăватă хут таран ытларах тухнă.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин тата СССР Куллен кирлĕ таварсем тăвакан промышленность министерствин çав опыта тĕпчесе вĕренмелле тата ăна анлăн ĕçе кĕртсе пыма тытăнмалла. Ĕçе çакăн пек организацилес пулать: колхозсем йĕтĕне çапмасăрах йĕтĕн завочĕсене пама пултарччăр, заводсен вара йĕтĕне çапмалла, вăррине тасатмалла, йĕтĕн çурăмĕсене шыва хутса кăлармалла тата тирпейлесе сӳс тумалла. Кантăр завочĕсенче кантăр çурăмĕсене илмелле тăвас пулать. Йĕтĕн тата кантăр завочĕсем çумĕнче йĕтĕнпе кантăр çурăмĕсене пултарса тирпейлекен цехсем тата йĕтĕн çапакан цехсем лартас ĕçе сарса ямалла.

Колхозсемпе совхозсем умĕнче табак, махорка, чей, виноград, цитрус тата ытти культурăсем тăвассине ӳстерсе пырас тĕлĕшпе пысăк задачăсем тăраççĕ.

* * *

Тырпул тухăçлăхне ӳстересси—çĕрçĕнчи тĕп задача. Ку енĕпе питĕ кирлĕ тата васкавлă ĕçсем чылай туса ирттересе пулать.

Çĕрĕç культурине хăпартас тесе чăннипех тăрăшса ĕçлеме тытăнмалла. Нумай колхозсемпе совхозсенче пусă çаврăнăшĕ тăвассине тата, пуринчен ытла, тунă пусă çаврăнăшне пурнăçласа çитерессине япăх организациленĕ. Çавăн тĕп сăлтавĕ курăк вăррисем туса хатĕрлессине япăхтарса яни пулать.

Колхозсемпе совхозсенче нумай çул ӳсекен курăксен вăрлăхне тăвас ĕçе татăклăн вăйлатмалла, курăк вăррин тухăçлăхне ӳстермелле тата сывăхри 2—3 çул хушшинче курăксем акма план тăрăх паракан заданисене пурнăçламалла туса çитермелле, кирлĕ резервсене те туса хумалла. Кашни колхоз тата совхоз нумай çул тата пĕр çул ӳсекен курăксен вăррине хăйне кирлĕ чухлĕ туса хатĕрлетĕр тесе тăрăшмалла. Кунпа пĕрлех курăк вăррисем, чи малтан, вĕсем пысăк тухăçлă пулакан районсенче, сутлăх туса хатĕрлессине организацилесси çинчен шухăшласа пăхмалла.

Удобрени тума люпин ытларах акса ӳстерес пулать. Сурçĕр енчи нумай районсенче вăрлăх тума акнă люпин пулса çитеймени те пулать. Çавăн пирки сурçĕр енчи районсенчи (чылай пысăк тăрăхри) колхозсем халĕ хăйсем валли люпин вăрлăхĕ туса хатĕрлеймеççĕ. Люпин вăрлăхĕ сутлăх тумалли районсене палăртса хурас пулать.

Тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕçре çĕртме сухине тата кĕрхи çĕртме сухине вăхăтра туни, çĕртме пуссисене лайăх çемçетсе тăни, тырпула лайăх срoксенче акса хăварни пысăк вырăн йышăнать. Чылай районсенче кĕрхи тырăсем пĕчĕк тухăçлă пулни çав тырăсене кая юлса акнинчен, вĕсене çĕртме сухине кая юлса тата япăх тунă çĕр çине, удобренисем тăкса çемçетмен е çĕртме пусси пулман çĕр çине акнинчен килет. Хура тăпраллă мар тăрăхри районсенче нумай колхозсем кĕрхи тырăсене сентябрĕн иккĕмĕш пайĕчченех акаççĕ, хăшпĕр колхозсем вара октябрьте те акаççĕ,—ку вăл пачах юрăхсăр ĕç пулать. Паллах ĕнтĕ, агротехникăна çавăн пек пăснă пирки кĕрхи тырă калчи нумай пĕтет.

Суркунне акакан культурăсем пĕчĕк тухăçлă пулнин сăлтавĕсенчен пĕри вăл—çак культурăсене халĕ те çаплах пысăк лаптăксене суркунне сухаласа, тăпрана япăх çемçетсе тата кая юлса акни пулать. 1951 çулта колхозсенче çурхи тырăсен 38 процентне суркунне сухаланă çĕр çине акнă, 1952 çулта—33 процент, 1953 çулта—41 процент. Смоленск, Псков, Новгород, Великие Луки, Вологда тата Кострома облаçĕсенче вара 1953 çулта çурхи тырăсен 80—90 процентне суркунне сухаланă çĕр çине акнă. Паллах ĕнтĕ, кун пек ĕçлесен, пысăк тухăçлă тырпул туса илме йывăр. Кунашкал ĕçпе малашне килĕшсе тăма юрамасть. Кăçалах ĕнтĕ килес çул çурхи тырăсем акмалли пусăсене пĕтĕмпех кĕрхи çĕртме туса хăвармалла.

Вăрлăх туса хатĕрлес ĕç çине тимлĕ пăхни кирлĕ. Нумай колхозсемпе совхозсем хăйсем валли вăрлăх хатĕрлеме сахал тăрăшаççĕ, кашни çулах государствăран вăрлăх кивçен нумай илеççĕ. Вăрлăхлăх тырра турттарма ĕç вăйĕ, укçа-тенкĕ нумай пĕтет, транспорта ĕçлеттерме тивет. Кăçалхи çуркунне центрти облаçсенчи колхозсене кăна тĕштырă культурисен вăрлăхне 500 пин тонна ытла панă, ку вăл вĕсене кирлĕ пĕтĕм вăрлăхăн 30 процентĕ чухлĕ пулнă. Çак вăрлăха турттарма тата тасатма государство укçине 30 миллион тенкĕ ытла расходланă, колхозсен расхочĕ вăл шута кĕмест. Ку ĕçĕн тепĕр пысăк енĕ те пур. Кивçен илнĕ вăрлăх ăна акакан районти тăпрапа климат уйрăмлăхĕсене хăнăхманни час-часах пулать. Паллах ĕнтĕ, кун пек чухне тырпул тухăçлăхĕ пысăк пуласси кĕтмелли çук.

Вăрлăх хуçалăхĕнче йĕрке туса хума вăхăт ĕнтĕ. 1954—1955 çулсенче пур культурăсене те сортлă вăрлăхпа акма тытăнмалла. Кăçал Правительство колхозсемпе совхозсен вăрлăх фондне вăрлăх хывмалли çĕнĕ йĕрке туса пачĕ. Вăрлăх фондне вăрлăх хывас ĕçе чи лайăх срoксенче туса иртермелле, чи малтан вăрлăх участокĕсенчен пухса кĕртнĕ питĕ лайăх вăрлăха, агротехника кăтартса панă акмалли нормăсем тăрăх шутласа, хывса хăвармалла. Вăрлăх участокĕсенчен пухса кĕртнĕ лайăх вăрлăх çителĕклĕ пулмасан, вара пысăк тухăçлă пулнă ытти вырăнсенчи тырпула, государствăна тырă памалли плана тултаричченех, вăрлăхлăх уйăрса хăвармалла. Халĕ ĕнтĕ колхозсемпе совхозсене хăйсене валли пысăк тухăçлă пулакан сортлă тата питĕ лайăх вăрлăх çителĕклĕ туса хатĕрлеме кирлĕ условисене туса панă. Вăрлăха нормăна чакарса акнине, çавăн пек киревсĕр фактсене татăклăн пĕтерсе пырас пулать.

Юлашки çулсенче ялхуçалăх органĕсенчи работниксем, нумай колхозсен, МТС-сен тата совхозсен руководителĕсем вырăнти удобренисемпе усă курасси çине тĕрĕс мар пăхма пуçларĕç,—çакна пысăк çитменлĕх тесе йышăнса сивлес пулать. Ку ĕçе тивĕçлипе хакламан сиенлĕ йăла пур. Тислĕк пухмалли тата торф хатĕрлемелли плансене тултарманнине урăх нимĕнпе те ăнлантарса пама çук.

Тислĕк хаклă удобрени пулнине пурте пĕлеççĕ. Пилĕкçуллăх вĕçĕ тĕлне çулталăкра 400 миллион тоннăна яхăн тислĕк пухма пулать, ку вăл 20 миллион тоннăна яхăн минераллă удобренипе, е хальхи вăхăтра промышленность парса тăнинчен 3,5 хут нумайрах минераллă удобренисемпе танлашать. Тислĕк пухас, тĕрĕс упрас усрас тата тислĕкпе çĕре çемçетес ĕç çине тимлĕ пăхни кирлĕ. Тислĕке упраса усрасси çине хуçасăрла пăхнине пĕтерес пулать, мĕншĕн тесен япăх усранă пирки тислĕк çилпе типсе каять, унăн пахалăхĕ чакать. Кашни колхозра тата совхозра выльăх-чĕрлĕх фермисем çумĕнче навозохранилищĕсем тумалла, пĕтĕм тислĕке вăхăтра уя кăлармалла, салатса суха касси айне тумалла. Тислĕк тиеме, пуштарма тата уйра салатса, пăрахма ĕç вăйĕ нумай каять. Çак ĕçе механизацилеме тăрăшас пулать, тислĕк салатмалли, тислĕк тиемелли машинăсем туса, çав машинăсене колхоз тата совхоз производствине кĕртсе пымалла.

Нӳрĕклĕ тата кĕллĕ тăпраллă районсенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерме тăпрана известлени, тăпра тăварланса кайнă районсенче тăпрана гипс хывни пысăк вырăн йышăнать. Çак ĕçе пурнăçлама строительство материалĕсем тăвакан промышленноçăн, вырăнти промышленноçăн тата промысла кооперацийĕн предприятийĕсенче известь туса кăларассине чылай ӳстермелле, гипс кăларассине, ăна авăртса колхозсене илсе пырассине организацилемелле.

Вырăнти удобренисемпе усă курнипе пĕрлех, тырпул тухăçлăхне ӳстерме минераллă удобренисем туса кăларассине хăвăрт ӳстерес пулать. Правительство минераллă удобренисем туса кăларассине ӳстерме палăртать. 1953 çултах колхозсемпе совхозсем промышленноçран 6 миллион тонна минераллă удобренисем илеççĕ, ку вăл 1940 çулта ялхуçалăхне панă удобренисен хисепĕнчен 2 хута яхăн ытларах пулать. Малашнехи çулсенче удобренисем туса кăларасси тата ытларах ӳсет. Минераллă удобренисене пăхса усрас ĕçре кирлĕ пек йĕрке тумалла тата вĕсемпе тĕрĕс усă курмалла. Бактериллĕ удобренисемпе те анлăнрах усă курма тытăнас пулать.

Палăртса хунă ĕçсене пурнăçлани çĕрĕç культурине çӳлĕрех сыпăка хăпартĕ, мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне чылай ӳстерме май парĕ.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ докладӗ

(Малалли).

СССР Ялхуçалӑхӗпе хатӗрлев министерствин, чи малтан, ялхуçалӑхӗпе унӑн уйрӑм отраслӗсене планламалла, ялхуçалӑхне материальнӑй-техникӑлла хатӗрсем тӑратмалла тата укçа-тенкӗ парса тӑмалла, ялхуçалӑх продукчӗсем хатӗрлемелле, кадрсем суйласа илмелле, вырнаçтарса тухмалла, кадрсен хатӗрлемелле, пропаганда ыйтӑвӗсемпе тата малта пыракан опытпа наука çитӗнӗвӗсене производствӑна кӗртсе пырас тӗлӗшпе, çавнашкалах колхозсен организациллӗ ыйтӑвӗсемпе ӗçлемелле.

Çавна май союзлӑ тата автономиллӗ республикӑсенчи ялхуçалӑхӗпе хатӗрлев министерстввисен, çавнашкалах крайсемпе облаçсенчи ялхуçалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗсен пӗлтерӗшӗ татах та ӳсет. Ку вара çакна пӗлтерет: вырӑнти ялхуçалӑх органӗсене квалификациллӗ кадрсемпе çирӗплетмелле, вӗсен структурине урӑхлатмалла, штатсене чакармалла тата çав органсене производство патне çывхартмалла.

РСФСР ялхуçалӑхне ертсе пырас пирки уйрӑм каламалла. Мӗнпур колхозсен 57 проценчӗ, машина-трактор станцийӗсен 62 проценчӗ Россия Федерацийӗн территорийӗнче вырнаçнӑ. РСФСР-ӑн тырпул акса тӑвакан çӗрӗсем ССР Союзӗнчи тырпул акса тӑвакан мӗнпур çӗрсен 62 процентне ытла йышӑнаççӗ. Сӗршыври пӗтӗм выльӑх-чӗрлӗх йышӗнчен 50 процент ытла Федерацире шутланать.

Çапла пулсан та, Россия Федерацийӗн, ытти союзлӑ республикӑсемпе танлаштарсан, юлашки вӑхӑтченех тулли праваллӑ Ялхуçалӑх министерстви пулман, вӑл министерствӑна кирлӗ правӑсемпе средствӑсем паман. Ку министерствӑна республика территорийӗнчи машина-трактор станцийӗсем те пӑхӑнса тӑман. Формально министерствӑна çӗрулмипе пахча çимӗç туса илес тӗлӗшпе ӗçлеме хушнӑ пулнӑ, анчах чӑннипе çак ӗçе тума та унӑн материальнӑй-техникӑлла никӗс пулман. Çавна пула министерствӑн кроликсем, хурт-хӑмӑр, тискер кайӑксем ӗрчетес тӗлӗшпе кӑна ӗçлемелле пулнӑ. Ку юмах пек туйӑнать, анчах, шел пулин те, вӑл юмах мар, вӑл—факт.

Калама çук пысӑк тата нумай отраслеллӗ ялхуçалӑх производствине ертсе пыма Россия Федерацийӗн чӑн-чӑн Ялхуçалӑхӗпе хатӗрлев министерстви пулмалла, ӑна кирлӗ правӑсемпе средствӑсем памалла. Çак министерствӑна РСФСР территорийӗнчи ялхуçалӑхӗн мӗнпур отраслӗсене, колхозсене, машина-трактор станцийӗсене ертсе пыма хушмалла.

Колхозсене агрономипе зоотехника пулӑшӑвӗ парас ӗçе вӑйлатас ыйту та пысӑк вырӑнта тӑрать. Ку тӗлӗшпе эпир нумай ӗçленӗ тата халӗ те ӗçлетпӗр. Анчах ку ӗçре эпир хамӑр майсемпе ытла та сахал усӑ куратпӑр.

Государство аслӑ тата вӑтам шкулсенчен ялхуçалӑх специалисчӗсен çӗршер пин çын вӗрентсе кӑларчӗ. Ялхуçалӑх органӗсенче кӑна аслӑ тата вӑтам шкулсенчен вӗренсе тухнӑ специалистсем 350 пин çын ытла ӗçлеççӗ.

Пирӗн специалистсемпе мӗнле усӑ кураççӗ-ха? Специалистсенчен пӗтӗмпе те 18,5 пин çын кӑна, урӑхла каласан, пӗтӗм специалистсен 5 проценчӗ çеç тӳрех колхозсенче ӗçлеççӗ иккен. Пилӗк колхоза пӗр специалист! 50 пин специалист, е 14 процент, МТС-сенче ӗçлеççӗ. Ялхуçалӑх органӗсен аппаратӗнче вара 75 пин специалист, е 21 процент, ӗçлеççӗ, вӗсем колхоз производствипе ытла та çителӗксӗр çыхӑнса тӑраççӗ.

Ялхуçалӑх специалисчӗсемпе тӗрӗс усӑ курас ыйтӑва малтанхи хут хускатмастпӑр ӗнтӗ. Правительство юлашки çулсенче МТС-сенче ӗçлекен специалистсен ӗç укçине ӳстерчӗ. Халӗ МТС-сенче производствӑра ӗçлекен агрономсемпе инженерсем промышленность предприятийӗсенче ӗçлекен инженерсенчен сахал мар, нумай чухне ытларах ӗç укçи илеççӗ. Анчах çакӑн хыççӑн та специалистсен ытларах пайӗ çаплах тӗрлӗ учрежденисемпе канцелярисенче юлать-ха.

Çакӑн пек йӗркесӗрлӗх мӗнрен килет-ха? Вӑл, чи малтан, ялхуçалӑх органӗсем специалистсемпе усӑ курас ыйту çине государство хушнӑ пек пӑхманнинчен килет. Приказсем çырассине, хушса тата инструкцисем парса ларассине хӑйсен тӗп ӗçӗ вырӑнне хурса, ялхуçалӑх органӗсен нумай руководителӗсем специалиста канцеляри сӗтелӗ хушшине лартма тӑрӑшаççӗ. Ялхуçалӑх органӗсем кашни специалиста хӑйӗн профессине юратма, унпа мухтанма хавхалантарас, çӗнӗрен çӗнӗ ыйтусене татса пама, çӗрӗçепе выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗçе ывӑнма пӗлмесӗр лайӑхлатса пыма хавхалантарас тӗлӗшпе сахал ӗçлеççӗ.

Ялхуçалӑх кадрӗсен хаклӑ фончӗ çине çавӑн пек пӑхни пачах тӗрӗс мар. Специалистсене производствӑра — колхозсенче, МТС-сенче, совхозсенче ӗçлеттермелле, вӗсем хӑйсен ӗçне ӗçлетчӗр—тырпул тухӑçлӑхне ӳстерсе, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗçе аталантарса пыччӑр.

Постановлени проектӗнче 1954 çулхи çуркунне тӗлнех ялхуçалӑх специалисчӗсене 100 пин çынтан кая мар МТС-сене ӗçлеме ямалла, çапла вара кашни колхозра агроном, пысӑк колхозсенче—агроном тата зоотехник пулмалла. МТС агрономӗ, ялан пӗр колхозра ӗçлесе, МТС-па колхоз хушшинчи договора мӗнле пурнӑçа кӗртнине астуса тӑмалла. Унӑн агротехника правилисенче кӑтартнӑ ӗçсене пурне те пурнӑçа кӗртсе пымалла. Агроном начар тунӑ ӗçе пытарса хӑварма тивӗçлӗ мар, астӑвас пулать, агротехникӑна пӑснипе кӑштах килӗшни те, брак тӑвакансене кӑштах чарманни те колхоза, государствӑна пысӑк сиен кӳрет. Агрономӑн ялхуçалӑх ӗçӗсен пахалӑхне пур çӗрте те астуса тӑмалла, колхоз производствинче çӗнӗ, малта пыракан мелсемпе усӑ курассишӗн активлӑ кӗрешмелле.

Машина-трактор станцийӗн аслӑ агрономне МТС-па колхоз хушшинчи договор тӑрӑх тӑвакан ӗçсен пахалӑхне тӗрӗслекен государство инспекторӗн обязанноçӗсене пани усӑллӑ. Çавна май аслӑ агроном агротехника ыйтӑвӗсем тӑрӑх МТС директорне мар, тӳрех облаçри ялхуçалӑх управленине пӑхӑнса тӑни питех те тӗрӗс пулать. Производство, агрономи интересӗсене ведомствӑн пӗчӗк интересӗсене пӑхӑнтарма парас мар тесе çавӑн пек туни кирлӗ ӗнтӗ. Пурнӑçра çакӑн пек те пулать: МТС директорӗ, тракторпа ытларах ӗçлес тата горючие ытларах перекетлес тесе, ӑшӑх сухалама ирӗк парать е çӗр типсе кайиччен суранине тухма тытӑнса тӑрать. МТС-ри аслӑ агрономӑн, МТС хӑйӗн ӗçӗсене вӑхӑтра тата пысӑк пахалӑхпа туса ирттерсен кӑна вӑйлӑ тырпул çитӗнтерме май килнине шута илсе, агротехника кӑтартса панисене яхсӑн та пӑсма памалла мар. Агрономӑн пысӑк тухӑçлӑ тырпул туса илес тӗлӗшпе чӑн-чӑн кӗрешӳ организаторӗ пулмалла.

СССР Ялхуçалӑхӗпе хатӗрлев министерствин МТС-ри аслӑ агроном çинчен положени çырса хатӗрлемелле, çав положенире унӑн прависемпе обязанноçӗсене уççӑн кӑтартса памалла.

Колхоз производствинче МТС-сен организациленӗ ролӗ ӳснӗ май халӗ районти ялхуçалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗсем кирлӗх пулмаççӗ пулмалла. Планпа учет ӗçне туса пыма райисполком составӗнче темиçе работник пулсан та çителӗклӗ, специалистсен тӗп кадрӗсемпе МТС-сенче тата колхозсенче усӑ курмалла.

Пропаганда тӑвас пирки тата ялхуçалӑхӗнче наука çитӗнӗвӗсемпе, малти пыракан опытпа усӑ курас ыйту пирки чарӑнса тӑрас пулать, вӑл питӗ кирлӗ ыйту.

Кашни облаçре, крайра, республикӑра ялхуçалӑх новаторӗсем, малта пыракан колхозсем, МТС-сем, совхозсем нумай. Пирӗн вӑхӑтра хуçалӑха малта пыракан колхозсен, МТС-сен, совхозсен опытне, новаторсен çитӗнӗвӗсене шута илмесӗр ертсе пыни хуçалӑха кая тӑратса хӑварнине пӗлтерет.

Анчах çӗннине эпир начар пропагандӑлатпӑр, ӑна производствӑна начар кӗртсе пыратпӑр. Пирӗн кашни колхозӑн, çапла калама пулать пулсан, хӑйӗн ӑсӗпе, хӑйӗн опычӗпе, хӑйӗн практикипе çын ретне кӗме тивет. Малта пыракансем калама çук пысӑк опыт пухнӑ, çав опытпа эпир пур колхозсене те хӗçпӑшаллантарма пултарнӑ пулӑттӑмӑр.

Министерствӑпа унӑн вырӑнти органӗсем ку таранччен ялхуçалӑхӗнчи çӗнӗ майсем çине, вӗсене курман пекех, ним интересленмесӗр, тимсӗр пӑхаççӗ. Тырпул тухӑçлӑхне ӳстермелли паха, ӗçре тӗрӗсленӗ мелсемпе темиçе çул хушшинче те производствӑра усӑ курмаççӗ.

Ялхуçалӑхне ертсе пырас тесен, нимрен ытларах малта пыракан опыта тӗпчесе вӗренмелле, пӗтӗçтермелле тата малта пыракан опытпа наука çитӗнӗвӗсене сарса пымалла. Агрономилле пропаганда СССР Ялхуçалӑхӗпе хатӗрлев министерствин, СССР Совхозсен министерствин тата вӗсен вырӑнти органӗсен пӗтӗм ӗçӗн чи паха, ним уйрӑлми пайӗ пулса тӑмалла ӗнтӗ.

Калас пулать, малта пыракан опытпа наука çитӗнӗвӗсене пропагандӑлас ӗçе начар туса пынӑшӑн министерствӑсемпе вӗсен вырӑнти органӗсем кӑна мар айӑплӑ. Партипе совет органӗсенчен нумайӑшӗ çак питӗ кирлӗ ӗçе, агрономилле пропаганда тӑвас ӗçе работниксен пысӑк мар ушкӑнӗ çине йӑвантарнӑ, хӑйсем вара айккинче тӑраççӗ.

Партипе совет организацийӗсене ертсе пыракансен малта пыракан опыта сарасси çинчен докладсем тунипе кӑна çырлахмалла мар, вӗсен пуринчен ытла çав опыта хӑйсен вӗренмелле, ӑна пур колхозсемпе совхозсенче те ӗçе кӗртсе пыракан активлӑ организаторсем пулмалла. Ыттисене малта пыракан опытпа усӑ курма чӗниччен малтан руководителӗн хуçалӑха ертсе пымалли малта пыракан майсемпе меслетсене вырӑнта пулса тӗплӗн вӗренмелле, çапла вара вӑл хӑй мӗн тума чӗннине лайӑх пӗлсе тӑтӑр, колхозсемпе совхозсенче пулсан, кирлӗ канаш тата пулӑшу пама пултартӑр.

Партипе совет организацийӗсене ертсе пыракансен кая юлса пыракан колхозсенчи председательсене, правлени членӗсене, бригадирсене, звеньевойсене тата уйрӑм колхозниксене малта пыракан хуçалӑхсенче пулма, вӗсем мӗнле майсемпе, мӗнле меслетсемпе ӗçленине вырӑна кайса тӗплӗн вӗренме хавхалантармалла. Кая юлса пыракан колхозсемпе совхозсене хӑйсен мӗнпур ӗçне малта пыракансем пек туса пыма хистемелли тивӗçлӗ мерӑсем тупмалла.

Пирӗн пичет, уйрӑмах ялхуçалӑх пичечӗ, наукӑпа малта пыракан практика çитӗнӗвӗсене çителӗклӗ пропагандӑламасть, çак ыйтусем тӑрӑх лайӑх кӗнекесем сахал кӑлараççӗ-ха, кӑларнӑ кӗнекесенче те фактсем çинчен çиелтен çеç çыраççӗ, ӗçри çӗнӗ майсемпе меслетсен тупсӑмне кӑтартса памаççӗ.

Ялхуçалӑх наукине ӑнлантарса-кӑтартса паракан тата вӗренме пулӑшакан кинофильмсем кӑларас ӗç те начар пырать-ха, вӗсен пахалӑхне те нумай лайӑхлатмалла. Ялхуçалӑх ыйтӑвӗсем тӑрӑх кинофильмсем ӳкерме час-часах ӑнсӑртран тупӑннӑ, ялхуçалӑхне начар пӗлекен çынсене хутшӑнтараççӗ.

Колхозсемпе совхозсен агро-зоотехника вӗренӗвӗ пирки пӗр-ик сӑмах каламалла. Хальхи вӑхӑтра виçӗ çул вӗренмелли курссенче колхозниксемпе совхозсенчи рабочисем 2,5 миллион çын ытла вӗренеççӗ. Ку, паллах, пысӑк ӗç. Анчах нумай çӗрте вӗренӳ тивӗçлӗ шайра пулса пымасть, час-часах пурнӑçри конкретлӑ условисенчен уйрӑм вӗрентеççӗ. Кӑçалхи вӗренӳ çулӗнче вӗренме çӳренӗ колхозниксенчен 60 проценчӗ кӑна экзаменсем панӑ. 30 пин колхозра колхозниксене агро-зоотехникӑна вӗрентес ӗçе пачах организацилемен пулнӑ.

Ялхуçалӑхне малалла аталантарас ӗçре ялхуçалӑх науки пысӑк вырӑнта тӑрать. Калас пулать, совет науки ялхуçалӑхне аталантарас тӗлӗшпе пысӑк ӗç турӗ, çапла пулсан та вӑл производство нушисемпе ыйтӑвӗсенчен çаплах юлса пырать-ха. Хӑшпӗр институтсемпе сӑнавлӑ станцисем çӗрӗçепе выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗçӗн культурине ӳстерме чи кирлӗ ыйтусене татса парас тӗлӗшпе çителӗклӗ ӗçлемеççӗ. Наука учрежденийӗсенче критикӑпа самокритика çителӗклӗ саралман, творчествӑлла дискуссисем, пӗр-пӗрин шухӑшне ирӗклӗн сӳтсе явни çук, час-часах уйрӑм ученӑйсен кӑмӑлне юрас, вӗсем умӗнче йӑпӑлтатас йӑла саралать.

Эсир пӗлетӗр ӗнтӗ, Правительство наукӑна аталантарма укçа-тенкӗ хӗрхенсе тӑмасть, ученӑйсене ӗçлеме çав тери лайӑх условисем туса панӑ. Анчах, шел пулин те, пирӗн наука çыннисем хушшинче çакӑн пек работниксем те пур-ха: вӗсем диссертаци тытнӑ хыççӑн, чӑннипе илсен, наука енӗпе ӗçлеме пӑрахаççӗ, темиçе çул хушши наукӑна, колхозпа совхоз производствине çӗнни нимӗн те памаççӗ. Хӑш чухне çапла та пулать: диссертацире кӑтартнӑ ӗçсем наукӑна та, практикӑна та нимӗн те памаççӗ. Хӑшпӗр наукӑпа тӗпчев учрежденийӗсем практикӑран мӗн тери кая юлса пынине çак фактран та курма пулать: институтсемпе сӑнавлӑ станцисен сӑнавсем тумалли уйрӑм базисенче ялхуçалӑх культурисен тухӑçлӑхӗпе выльӑх-чӗрлӗхрен илекен продуктсен хисепӗ малта пыракан колхозсемпе совхозсем илекен хисепрен каярах тӑрать.

Наука учрежденийӗсен пурин те тырпул тухӑçлӑхне ӳстерес, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗçе аталантарас ыйтусене, çавнашкалах ялхуçалӑх экономикипе ялхуçалӑхне организацилес ӗçӗн ыйтӑвӗсене, колхозсемпе совхозсен производствине механизацилес тата электрификацилес ыйтусене татса парас тӗлӗшпе çине тӑрса ӗçлемелле.

Наука çитӗнӗвӗсемпе малта пыракан опыта пропагандӑламалли тата вӗсемпе производствӑра усӑ курассишӗн социализмла ӑмӑрту сарса ямалли паха форма районсенчи тата облаçсенчи ялхуçалӑх выставкисем пулса тӑмалла. Вӑрçӑччен нумай районсемпе облаçсенче кашни çулах çавӑн пек выставкӑсем ирттернӗ. Юлашки çулсенче выставкӑсем организацилес ӗç çине çителӗксӗр пӑхма пуçларӗç.

Çак ӗçе йӗркелес пулать. Районсемпе облаçсен центрӗсенче кашни çулах ялхуçалӑх выставкисем ирттермелле. Малта пыракан кашни колхоз, кашни совхоз, кашни МТС выставкӑра хӑйӗн çитӗнӗвӗсене, хӑйӗн опытне кӑтартса пама пултартӑр. Ӗлӗкхипе танлаштарсан, хальхи выставкӑсенче кая юлса пыракан колхозсемпе совхозсен ӗçне кӑтартса пама та вырӑн хӑвармалла, çапла вара, лайӑх хуçалӑхсемпе танлаштарсан, хӑйсем мӗн тери кая юлнине вӗсем курма пултарччӑр. Ку вӗсене малта пыракансен ӗç майӗсемпе меслечӗсене йышӑнма хавхалантарӗ. Пӗтӗм Союзри ялхуçалӑх выставкине 1954 çулта уçасси çинчен решени йышӑнма сӗнӳ панӑ.

Çапла ӗнтӗ, ялхуçалӑх органӗсен ӗçне лайӑхлатас, колхозсене агрономипе зоотехника пулӑшӑвӗ парас ӗçе вӑйлатас тӗлӗшпе çаксене тумалла:

ялхуçалӑхне ертсе пырас ӗçе тӗпренех лайӑхлатмалла, ӑна çӗнӗ задачӑсен шайне çитермелле;

ялхуçалӑхне аталантарас ӗçре ялхуçалӑх органӗсен рольне ӳстермелле, вӗсене кадрсемпе çирӗплетмелле, МТС-семпе колхозсем патне çывхартмалла;

колхозсене агротехникӑпа зоотехника пулӑшӑвӗ парас ӗçе лайӑхлатмалла, колхозсенче ӗçлеме агрономсемпе зоотехниксем 100 пин çынтан кая мар ямалла, çапла вара кашни колхозра пӗр-икӗ специалист ӗçлемелле;

малта пыракан опытпа ялхуçалӑх науки тунӑ çитӗнӳсене пропагандӑлас ӗçе татӑклӑнах вӑйлатмалла.

* * *

Сӳлте колхозсемпе МТС-сене ертсе пырас ӗçри çитменлӗхсем çинчен каларӑмӑр, çав çитменлӗхсем пӗтӗмӗшпех совхозсене те пырса тивеççӗ. Совхозсен ӗçӗнчи чи пысӑк çитменлӗх вӑл тӗштырӑ, аш-какай, сӗт тата ытти продуктсем туса илес ӗç хакла ларни пулать.

Кашни совхозрах производствӑна лайӑх йӗркелеме государство мӗн кирлине пурне те парать, анчах мӗнле ертсе пынине кура хуçалӑх ӗçӗн результачӗсем те пачах урӑхла пулаççӗ. Çакӑн пек тӗслӗх илетӗп. «Горняк» совхозпа «Комсомолец» совхоз Ростов облаçӗнчи Октябрьски районта вырнаçнӑ, производство условийӗсем вӗсен пӗр пекех темелле, анчах вӗсен 1952 çулхи ӗç итогӗсем çакӑн пек:

| | | «Горняк» совхоз | «Комсомолец» совхоз |
|---|---|---|---|
| Пӗтӗм акнӑ тырпул гектарпа | | 3.982 | 3.222 |
| Мӑйракаллӑ шултра выльӑх йышӗ | пуç | 1.190 | 1.117 |
| Ӗнесем | » | 352 | 409 |
| Сыснасем | » | 813 | 661 |
| Пӗр ӗнерен сӗт суса илнӗ | килогрампа | 3.035 | 1.934 |
| 1 центнер выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсен хӑйне ларакан хакӗ: | | | |
| Сӗт | тенкӗпе | 90 | 114 |
| Сысна ашӗ | » | 646 | 1.457 |
| Государствӑна панӑ: | | | |
| Сӗт | центнерпа | 9.595 | 6.279 |
| Аш-какай | » | 1.419 | 932 |
| Хуçалӑх ӗçӗн результачӗсем | | тупӑш 686 пин тенкӗ | убыток 407 пин тенкӗ |

Ӗç результачӗсем çавӑн пек тӗрлӗрен пулни мӗнрен килет-ха? «Горняк» совхоза опытлӑ зоотехник Поваренкин юлташ ертсе пырать, «Комсомолец» совхоза Бондаренко юлташ ертсе пынӑ, унӑн кирлӗ пӗлӳсем çук, вӑл начар организатор. Вӑл хӑй ӗçне туса пыма пачах пултарайман пулин те, министерствӑна вӑнӑ çул хушши директорта тытнӑ.

Нумай совхозсене сахал вӗреннӗ çынсем ертсе пыраççӗ. СССР Совхозсен министерствин Союза пӑхӑнса тӑракан 2.064 совхоз директорӗсенчен 644 директор, е 31 процент, практиксем пулса тӑраççӗ, хӑйсен специальноçӗ тӑрӑх вӗсем вӑтам пӗлӳ те илмен. Совхозсен уйрӑмӗсемпе фермисен управляющийӗсенчен 93 проценчӗн хӑйсен специальноçӗпе вӑтам пӗлӳ çук. Совхозсенче аслӑ инженер-механик вырӑнӗнче ӗçлекен работниксен тӑватӑ пайӗнчен виçӗ пайӗ—практиксем.

Кашни совхоза тупӑш паракан, пысӑк таварлӑ хуçалӑх тӑвасси—пирӗн задача. Çакна тума совхозсене ертсе пыракан кадрсемпе çирӗплетмелле. Юлса пыракан совхозсенче çирӗп йӗрке тумалла, хуçасӑрлӑха пӗтермелле, государство укçи-тенкине пур майсемпе те перекетлемелле, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелле. Государство дотаци парас системӑна пӗтересси çинчен шухӑшласа пӑхмалла, мӗншӗн тесен ӑна пула совхоз руководителӗсем государство çине шанса пурӑнаççӗ, совхозсен ӗçне лайӑхлатас тесе çине тӑрса ӗçлемеççӗ.

Пур совхозсене те кӑтартуллӑ хуçалӑхсем тумалла—çавӑн пек пирӗн задача.

## 7. Ялти партилле-политикӑлла ӗçӗн ыйтӑвӗсем

Юлташсем! Пирӗн умра ялхуçалӑх енӗпе тӑракан задачӑсене ӑнăçлӑн татса пама парти организацийӗсен организаторла тата политикӑлла ӗçне нумай вӑйлатмалла. Ялхуçалӑхне малалла аталантарасси лӑпкӑн та ерипен, самотӗк йӗркипе пулса пырӗ тесе шухӑшлани тӗрӗс мар пулнӑ пулӗччӗ.

Партипе Правительство халӗ колхозсене, МТС-семпе совхозсене малалла тӗреклетме материальнӑй-техникӑлла тата организацилле условисене пурне те тӑваççӗ. Çакна май пирӗн работниксен хӑшпӗр пайӗн: халӗ ӗнтӗ ӗç хӑй тӗллӗнех пулса пырать, халӗ пӗтӗмпех лӑпланса пурӑнма та юрать, текен шухӑш-кӑмӑлсем пулма пултараççӗ. Çакӑн пек шухӑш-кӑмӑлсенчен хӑрушӑраххи нимӗн те çук. Ун пек шухӑш-кӑмӑлсем питех те пысӑк сиен кӳме пултараççӗ.

Партин облаçри тата районти комитечӗсен, партин пуçламӑш организацийӗсен, МТС-сен, колхозсемпе совхозсен руководителӗсен организаторла ӗçӗ пулмасан, материальнӑй условисемпе майсем хӑйсем тӗллӗнех кирлӗ результатсем пама пултараймаççӗ. Çав майсемпе тата условисемпе усӑ курас тесен, хамӑр вӑйсемпе средствӑсене пурне те хускатса ямалла, организаторла ӗçе ытларах вӑйлатмалла, колхозниксен тата МТС-семпе совхозсенчи рабочисен йышлӑ массисене ӗçе çӗклемелле, вӗсене ялхуçалӑхне малалла аталантарас задачӑсене татса пама ертсе пымалла.

Парти вӑйӗсем ялта пирӗн сахал мар. 76 пин колхозра парти организацисем пур. Хальхи вӑхӑтра ялти коммунистсен йышӗ пӗр миллион çынтан иртет. Ялти комсомолецсен çарӗ 2 миллион çын ытла шутланать. Эпир çак вӑйсене ӗçре тӗрӗс вырнаçтарса тухсан тата вӗсемпе тӗрӗс усӑ курсан, мӗнпур задачӑсене ӑнăçлӑ татса парӑпӑр, тӗллев патне пымалли çул çинчи йывӑрлӑхсене пурне те çӗнтерӗпӗр. Çакна тума парти организацийӗсен партире тӑман актив çине, колхозлӑ ялти малта пыракан çынсем çине тата та ытларах таянса ӗçлемелле.

Партин шалти демократине, критикӑпа самокритикӑна сарса ярас тӗлӗшпе парти юлашки çулсенче туса ирттернӗ ӗçсем коммунистсен активлӑхне аталантарма, парти организацисене тӗреклетме, вӗсемпе ӗçсыннисен массисем хушшинчи çыхӑнусене вӑйлатма чылай пулӑшрӗç.

Çакӑнпа пӗрлех, партин ялти организацийӗсен ӗçӗнче пысӑк çитменлӗхсем пуррине те палӑртмалла. Нумай организацисенче партилле-политикӑлла ӗçе хуçалӑх задачисемпе çыхӑнтарса туса пымаççӗ. Политика хуçалӑхран уйрӑлса тӑманни çинчен, ӑна хуçалӑх задачисене татса парассипе çыхӑнтарма кирли çинчен час-часах калакан работниксем пур, анчах вӗсем практикӑра политикӑлла ӗçе хуçалӑх строительствин кулленхи ӗçӗнчен уйрӑм туса пыраççӗ. Ку вӑл, чи малтан, ялхуçалӑхӗн ертсе пыракан кадрӗсемпе, уйрӑмах колхоз председателӗсемпе ӗçлесси мӗнле тӑнинчен курӑнать.

Ӗç ӑнăçлӑ пултӑр тесен, пӗтӗм тимлӗхе тӗп ӗçе ямалла, тӗп ӗç вара МТС-сене, колхозсемпе совхозсене квалификациллӗ, ӗçлеме пултаракан кадрсем парса, хамӑрӑн чи лайӑх работниксене ярса тӗреклетесси пулать. Ялхуçалӑхне вӑйлатмалли, халех татса памалли задачӑсене пурнăçа кӗртесси, чи малтан, МТС-сене, колхозсемпе совхозсене опытлӑ руководительсем, ӗçре тӗрӗсленнӗ, тӳрӗ кӑмӑллӑ, парӑнса ӗçлекен, ӗçе организацилеме пултаракан, çынсене тӗрӗс суйласа илме тата вӗсене ӗçе тӗрӗс вырнаçтарма пултаракан руководительсем парса тӗреклетнинчен килет.

Тем пек лайӑх та тӗплӗ хатӗрлесе çырнӑ директива та, вырӑнсенче ӑна пурнăçа кӗртекен лайӑх çынсем, пултаруллӑ руководительсем çук пулсан, ялхуçалӑхне вӑйлатас ӗçе тивӗçлӗ пулӑшу пама пултараймасть. Колхозсен руководствинче ӗçе пӗлекен работниксем тӑмаççӗ пулсан, директива нимӗнле усӑ та пама пултараймасть.

Колхозсем ӳссе çитрӗç, шултра та нумай енлӗ хуçалӑхсем пулса тӑчӗç. Колхозсене пӗрлештерсе пысӑклатиччен кашни колхоз пуçне вӑтамран 589 гектар тивнӗ пулсан, халӗ кашнине 1.693 гектар сухаламалли çӗр тивет. Çакӑн пек хуçалӑха ертсе пырасси—йывӑр та ответлӑ ӗç.

Партин Центральнӑй Комитечӗпе СССР Министрӗсен Совечӗ виçӗ çул каярах колхоз председателӗсен тата колхозсенчи ертсе пыракан ытти работниксен составне çирӗплетесси çинчен решени йышӑнчӗç. Çавӑнтанпа иртнӗ вӑхӑтра колхозсене ертсе пыракан кадрсене суйласа илессине лайӑхлатас тӗлӗшпе паллӑ ӗç туса ирттернӗ. Колхоз председателӗсем пулса ӗçлеме специалистсене чылай уйӑрса лартнӑ, çавӑн пекех тата организаторла ӗçӗн опытне тупнӑ практиксене уйӑрса лартнӑ.

Анчах та колхозсене ертсе пыракан кадрсем парса тӗреклетес ӗç çаплах начар тӑрать-ха. 16.600 колхозра кӑна председатель пулса аслӑ шкулта е специальнӑй вӑтам шкулта вӗренсе тухнӑ çынсем ӗçлеççӗ. Колхозсенче нумайӑшӗнче пуçламӑш шкулта кӑна вӗреннӗ çынсем председатель пулса ӗçлеççӗ.

Колхоз председателӗсем пулма çынсем суйласа илес ӗçе çителӗксӗр туса пынӑ пирки вӗсем час-часах улшӑнса тӑраççӗ. Колхоз председателӗсен йышӗн виçӗ пайӗнчен пӗр пайне яхӑн çак ӗçре пӗр çултан кая ӗçлет. Пӗр çул хушшинче 2—3 председатель улшӑннӑ колхозсем те нумай. Вӗсенчен нумайӑшне ӗçлеме пултарайман пирки е тивӗççӗр ӗçсем тунӑ пирки ӗçрен кӑларнӑ. Ӗçе ăнăхтарса янӑ тата колхоз пурлӑхне çаратса пӗтернӗ çынсене райкомсем колхозран колхоза куçарса лартнине, çав çынсене колхозниксене ирӗксӗрлесе сӗннине кӑтартса паракан тӗслӗхсем те сахал мар илсе кӑтартма пулать.

Задача çакӑнта пулать: колхоз председателӗсен составне чи çывӑх вӑхӑтрах çирӗплетмелле, вӗсене воспитани парас ӗçе лайӑхлатмалла. Çакӑнпа пӗрлех производство бригадисен бригадирӗсем пулса ӗçлеме çынсем суйласа илес ӗç çине питех те тимлӗн пӑхмалла. Колхозсене пӗрлештерсе пысӑклатнӑ май производство бригадисем те пысӑкланчӗç, çавӑнпа та вӗсене опытлӑ çынсем, лайӑх организаторсем, тӳрӗ кӑмӑллӑ колхозниксем ертсе пымалла.

Парти ялта питӗ лайӑх кадрсем ӳстерсе çитӗнтерчӗ. Нумай районсенче колхоз председателӗсен составне вырӑнти работниксен шутӗнчен илсе çирӗплетме май пур. Анчах пирӗн çак ӗçре пулӑшу кирлӗ районсем те сахал мар. Хӑшпӗр облаçсенче колхоз кадрӗсем тӗлӗшпе паллӑ йывӑрлӑхсем сисӗнсе тӑнине асра тытас пулать. Ку йывӑрлӑхсем эпир вӑрçӑ вӑхӑтӗнче чылай кадрсене çухатнӑ пирки пулса тӑчӗç. Кунсӑр пуçне тата вӑрçӑ хыççӑнхи çулсенче хут лайӑх пӗлекен, культурӑллӑ колхозниксен пысӑк йышӗ промышленноçа ӗçлеме куçрӗ. Çавӑнпа та лайӑх кадрсене ӗçе лартас майсем чылай районсенче сахалтарах. Пирӗн вӗсене пулӑшмалла.

Вырӑнти кадрсене ӗçе уйӑрса лартнипе, специалистсене колхоз ӗçне куçарнипе пӗрлех промышленность центрӗнче ӗçлекен коммунистсене те колхозсене ертсе пырас ӗçе яма кирли тухса тӑрать.

Парти хӑй вӑхӑтӗнче ялта ӗçлеме 25 пин рабочи ячӗ, ялхуçалӑхне социализмла урӑхлатса çӗнетес тӗлӗшпе вӗсем питех те пысӑк ӗç туса ирттерчӗç. Кунсӑр пуçне тата 1933 çулта, колхозсене пулӑшас шутпа, политотделсенче ӗçлеме парти работникӗсене 17 пин çын янӑччӗ. Промышленноçӑн ытти нумай пин работникӗсене МТС-сенче, колхозсемпе совхозсенче ӗçлеме тӗрлӗ вӑхӑтра янӑ. Çакӑ вӑл колхоз хресченӗсемшӗн пысӑк пулӑшу пулчӗ. Яла янӑ работниксенчен нумайӑшӗ ӗçе хӗрӳллӗн тытӑнчӗç, парти шанса панӑ ӗçе чыслӑн пурнăçларӗç. Вӗсем, малтанлӑха ялхуçалӑхне çителӗклӗ таран пӗлмен пулин те, хӑйсем политика тӗлӗшпе лайӑх хатӗрленнине пула, хӑйсен организаторла ӗçӗн опытне пула, хушнӑ ӗçе часах пӗлсе çитрӗç, хӑйсем пултаруллӑ руководительсем пулнине кӑтартрӗç, колхозсене тӗреклетес енӗпе пысӑк ӗç туса ирттерчӗç. Парти яла янӑ коммунистсем лайӑх ӗçлени çинчен калакан паха тӗслӗхсене нумай илсе кӑтартма пулать. Çавӑн пек çынсене парти организацийӗсен пур майсемпе те пулӑшса тӑмалла, мӗншӗн тесен вӗсем халӑх валли пысӑк та пархатарлӑ ӗç тӑваççӗ, рабочи класпа хресченсен союзне тӗреклетеççӗ.

Социализмла хула колхозлӑ яла кадрсем парса пулӑшни хальхи условисенче те рабочисемпе хресченсен союзне — совет обществи вӑй-хӑвачӗн çирӗпрен те çирӗп никӗсне татах та ытларах тӗреклетмелли чи кирлӗ формӑсенчен пӗри пулса тӑрать.

Вӗрентсе хатӗрленӗ кадрсене эпир пур колхозсене те çителӗклех пама пултаратпӑр. Колхоз председателӗнче ялхуçалӑх специалисчӗ ӗçлет пулсан, вӑл тата аслӑ шкулта вӗреннӗскер пулсан, аван пулӗччӗ. Çав вӑхӑтрах лайӑх практик-организаторсен кадрӗсене те хаклама кирлӗ. Колхоз председателӗнче ӗçлекен практиксен паха ӗçне кӑтартса паракан тӗслӗхсем те пирӗн нумай.

Кая юлса пыракан колхозсем чи малтан лайӑх организаторсем çук пирки аптӑраççӗ. Колхоз председателӗсем пулма çынсем суйласа илнӗ чухне колхоз руководствине опытлӑ, культурӑллӑ организатора лартма, колхозниксене пӗтӗçтерме пултаракан, шултра хуçалӑха ӑнăçлӑ ертсе пыма пултаракан организатора лартма тӑрӑшмалла.

Мӗншӗн-ха халӗ, пирӗн совет интеллигенцийӗ ӳссе çитӗннӗ хыççӑн, парти ячӗпе чӗнсе калас мар, хуларан чи лайӑх çынсене, калӑпӑр, пӗр 50 пин коммуниста чӗнсе илес мар, вӗсене ялти ӗçе вӑйлатма ярас мар. Эпир çакна тума пултаратпӑр, тесе шутлатӑп. Çак ыйту пирки тата ытти ыйтусем пирки те кунта, Пленумра, харпӑр хӑйӗн шухӑшне каласа парсан аван пулӗччӗ.

Çирӗппӗнех çапла калама пулать: промышленность центрӗнчи коммунистсене парти çавӑн пек каласа чӗнсен, хӑйсен ирӗкӗпех яла кайма, хӑйсен вӑйӗсемпе пӗлӗвӗсене колхоз стройне малалла тӗреклетес ӗçе пама килӗшекенсем нумай тупӑнӗç. Ӗçре тӗрӗсленнӗ коммунистсене, çав ӗç мӗн тери кирлине ӑнланса илнӗскерсене, хӑйсене яла вӑхӑтлӑха мар, яланлӑха килнӗ работниксем вырӑнне шутлакан коммунистсене ямалла. Вӗсемшӗн тӑрӑшмалла, вӗсемпе тимлӗн ӗçлемелле.

Колхозсене кадрсем парса çирӗплетсен, тӗрлӗ йышши уполномоченнӑйсем ярса тӑма кирлӗ пулмасть, çав уполномоченнӑйсем нумайӑшӗ ялхуçалӑхне пӗлмеççӗ, колхозсене кирлӗ пулӑшӑва параймаççӗ. Работниксене колхозсене яланлӑха ӗçлеме яни унта уполномоченнӑйсем янинчен тем чухлех усӑллӑ пулӗччӗ.

Колхозсене, МТС-семпе совхозсене аталантарас ӗçре партин районсенчи комитечӗсен тата райисполкомсен ролӗ хӑпартасси—ялхуçалӑхне ертсе пырассине лайӑхлатмалли кирлӗ задача пулса тӑрать. Районти органсене çирӗплетсен, парти вӑйӗсене тӗрӗс вырнаçтарса тухмасӑр тата партин пӗтӗм ӗçне пӗлсе организацилемесӗр эпир колхозсемпе МТС-семпе совхозсене ертсе пырас ӗçе хальхи задачӑсем шайне çӗклеме пултараймастпӑр.

Ялхуçалӑх ӗçӗпе пурӑнакан районсенче нумайӑшӗнче партипе советӑн хатӗрленсе çитнӗ кадрӗсем сахал. Партин чылай районсенчи комитечӗсемпе, райисполкомсен работникӗсем хӑйсен ӗçри пахалӑхӗпе хальхи вӑхӑтра руководительсем умне лартакан пысӑк требованисене тивӗçтереймеççӗ. Çакна партин яллӑ вырӑнсенчи райкомӗсен секретарӗсен составӗ пирки уйрӑмах калама кирлӗ. Анкетӑра кӑтартнисем тӑрӑх калас пулсан, картина ытла начарах та мар пек курӑнать. Секретарьсен йышӗнче партире сакӑр çул ытла тӑракансем 90 процентран иртеççӗ, вӑтам шкулсемпе аслӑ шкулсенче вӗренсе тухнисем—80 процент.

Яллӑ вырӑнсенчи районсенчи ертсе пыракан кадрсен вӑйсӑр енӗсем мӗнре пулаççӗ-ха? Вӗсен вӑйсӑр енӗсем — вӗсенчен хӑшӗ-пӗрисем ялхуçалӑхне начар пӗлнинче тата вӗсен организаторла ӗç опычӗ кирлӗ чухлӗ пулманнинче. Яллӑ вырӑнсенчи райкомсен секретарӗсен йышӗнчен çуррине яхӑн парти ӗçӗнче пилӗк çултан кая ӗçлеççӗ. Секретарьсен йышӗн виçӗ пайӗнчен пӗр пайӗ ытларах çак ӗçре пӗр çултан кая ӗçлет. Нумай районсемпе райисполкомсен руководствинче сахал опытлӑ кадрсем тӑраççӗ, района, МТС-семпе колхозсене кирлӗ пек ертсе пыма вӗсене йывӑр.

(Юлашки 5-мӗш страницӑра).

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ доклачĕ

(Юлашки).

Районти органсене партипе советăн тивĕçлĕ кадрĕсене парса çирĕплетме пирĕн майсем пур-и? Паллах, пур. Сынсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарни çеç, вĕсемпе тĕрĕс усă курни çеç кирлĕ, облаçри, крайри, республикăри центрсен аппарачĕн штатне чакарни кирлĕ, унти аппаратăн ытлашши пайĕсене пĕтерни тата лайăх работниксен пысăк пайне районти ĕçе, колхозсене, МТС-семпе совхозсене çирĕплетме яни кирлĕ.

Хăшпĕр облаçсенче партипе советăн пысăкрах ĕçне лартмалли кадрсен кирлĕ резервĕ çук, çавăнпа та унта вăйсăр работниксенех пĕр ĕçрен тепĕр ĕçе куçарса лартаççĕ. Центральнăй Комитет пулăшмасан, районсене ертсе пырас ĕçе лайăхлатас задачăна хăйсен вăйĕпех татса пама çавăн пек облаçсене йывăр пулать. Пирĕн вĕсене пулăшмалла. Çакна тума чи лайăх коммунистсенчен чи лайăххисене темиçе пин çын суйласа илмелле те вĕсене партин ялă выранĕсенчи райкомĕсене тата райисполкомсене ĕçлеме ямалла.

Çавăн пирки малтанах асăрхаттарас пулать: сахал опытлă руководительсене урăххисемпе улăштарас ĕçе лайăх шухăшласа пăхса, тĕплĕ пĕлсе тумалла. Партипе советăн вăйсăр работникĕсене ытларах хатĕрленнĕ, вăйлăрах та опытлăрах работниксемпе кăна улăштармалла. Улăштарнă пирки ĕçрен хăтăлакан юлташсене вара, вĕсем парти енĕпе хăйсене ĕçре лайăх кăтартнă пулсан, кăштах вĕрентсен, пĕлӳсене ӳстермелли курссене ярсан, çавăн пекех тата парти шкулĕсене ярса вĕрентсен усăллăрах пулĕ, çапла вара вĕсенчен лайăх руководительсем тума пулĕ. Кадрсен пĕлĕвĕсене ӳстермелли курссен тата парти шкулĕсен программисене техника, экономика ыйтăвĕсене тата социализмла ялхуçалăхне организацилес ыйтусене вĕренессине кĕртни усăллă пулĕ тесе шутламалла.

Ялти ĕç—кирлĕ те хисеплĕ ĕç. Хăшпĕр коммунистсен, вĕсем ответлă вырăнсенче ĕçлессĕ пулин те, ял çине улпутла-бюрократла пăхас йăла пур. Парти организацисен çак йăлана пĕтерес пулать. Яллă вырăнсенче, МТС-сенче, колхозсемпе совхозсенче ĕçлессине иккĕмĕш вырăнта тăракан ĕç тесе шутлакан работниксем те пур-ха. Ун пек çынсем çак чăнлăха ăнланмаççĕ: ялхуçалăхне вăйлатмасан, коммунизм строительствин задачине ăнăçлă татса пама çук. Çăкăр, аш-какай, сĕт, çу, пахча çимĕç тата ялхуçалăхĕн ытти продукчĕсем нумайран та нумай пулмасан, коммунизмла общество тума çук.

Задача çакăнта пулать: парти организацийĕсен пĕтĕм тимлĕхне ялхуçалăхне питех те хăвăрт аталантарса пырас ĕç еннелле савăрмалла. Ялхуçалăхне ертсе пырассипе çыхăнса тăракан участоксене пурне те кадрсем парса çирĕплетмелле. Пирĕн умра специалистсен пысăк çарне аппаратран производствăна куçарас ĕç тăрать, колхозсене, МТС-семпе совхозсене ертсе пыракан кадрсемпе массăллă кадрсем парса çирĕплетес, парти райкомĕсемпе райисполкомсен ертсе пыракан работникĕсен составне çирĕплетес ĕç тăрать. Ку ĕçе халех тытăнмалла, ăна, пĕтĕмĕшпе илсен, çитес çулти январь-февраль уйăхĕсем тĕлне туса çитермелле, çапла вара ĕçе çĕнĕрен лартнă, пултаруллă пиншер организаторсем—партире тăракан организаторсемпе партире тăман организаторсем—çитес çулта пысăк тухăçлă тырпул туса илессишĕн, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатассишĕн пыракан кĕрешĕве çуркунне тĕлне активлăн хутшăнма пултарччăр.

Малалла тата МТС-семпе колхозсене ертсе пырас ĕçри обезличкăна пĕтермелле. Районсенче парти, совет тата ялхуçалăх органĕсенче ĕçлекен работниксен пысăк аппарачĕ пур, кашни колхоз пуçне ответлă работниксем вăтамран 5—6 çын тивеççĕ. Çапла пулин те, колхозра, МТС-ра ĕçсем мĕнле тăнишĕн, массăсем хушшинчи политикăлла ĕçшĕн, чăннипе илсен, никам та ответлă мар.

Колхозсемпе МТС-семшĕн райком секретарĕ, райисполком председателĕ, райисполкомăн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ, МТС директорĕ тата ытти нумай работниксем ответлă, тесе калама пултараççĕ. Анчах районта çав-çав колхозшăн уйрăмах кам ответлă-ха? Ку ыйту çине эсир никамран та конкретлă ответ илейместĕр, мĕншĕн тесен унта конкретлă колхозшăн никам та ответ тытмасть. Çакăнта пулать ĕнтĕ колхозсене ертсе пырас ĕçри тĕп çитменлĕх. Колхозсене ертсе пырассине практикăра ответсăрла ĕç туса хунă, вăл час-часах çакăн пек пулса пырать: райком е райисполком работникĕ колхозсене машинăпа кайса çӳрет, пĕр кун хушшинче çур районта пулса килет, вăл хăшпĕр чухне хăйĕн кăтартăвĕсене машинăран тухмасăрах парса хăварать.

Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисене ертсе пырас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Вăл çитменлĕхсем çакăнта палăраççĕ: парти райкомĕсем, хăшпĕр райкомсемсĕр пуçне, колхозсенчи парторганизацисен секретарĕсемпе начар ĕçлеççĕ, парти организацийĕсене тĕреклетме, партире тăман колхозниксен активне парторганизацисем тавра пĕтĕçтерме кирлĕ таран тăрăшмаççĕ. Коммунистсене марксистла-ленинла воспитани парас ĕç нумай организацисенче çаплах начар пулса пырать-ха.

Парти обкомĕсемпе райкомĕсем партин колхозри организацийĕсен колхозсем умĕнче тăракан задачăсене татса парас ĕçри рольне ӳстерме кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Нумай колхозсенче партин самаях пысăк организацийĕсем пулса тăчĕç. Чылай колхозсенчи парторганизацисене ытти ĕçсенчен ирĕклĕ секретарьсем ертсе пыраççĕ. Партин Центральнăй Комитечĕ, обкомсемпе райкомсем ыйтнипе, 3.747 колхозри пысăк парторганизацисенче ытти ĕçсенчен ирĕклĕ секретарьсем ĕçлемелле турĕ. Анчах колхозри парторганизацисенче ĕçлеме секретарьсем суйласа илес ыйту çине партин хăшпĕр çĕрти комитечĕсем кирлĕ пек пăхмарĕç. Вĕренсе çитмен, хатĕрленмен çынсенех хăш чухне çак ĕçе сĕнеççĕ, тепĕр чухне тата ăнсăртран килсе тухнă çынсене те çак ĕçе яраççĕ.

Нумай колхозсенче массăлла-политикăлла ĕçе кирлĕ пек туса пымаççĕ, ĕççыннисене политикăлла воспитани парас ĕç çине тимлĕ пăхмаççĕ. Колхозниксем хушшинче куллен тăрăшса ĕçлес вырăнне администраторла хăтланакан, совет законĕсене пăсакан работниксем те пур-ха. Нумай колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче колхозниксен, колхозницăсен, МТС-семпе совхозсенчи рабочисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе начар организациленĕ. Хăшпĕр районсенчи партипе совет органĕсем халăха кино кăтартас ĕçе организацилес тĕлĕшпе сахал ĕçлеççĕ.

Ялхуçалăхне вăйлатассишĕн кĕрешес ĕçре пысăк вăй пулса тăракан комсомол организацийĕсене пирĕн нумай районсенче çителĕклĕ хакламаççĕ. Çĕрĕçĕн тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн культурине хăпартас тĕлĕшпе тăракан задачăсене татса пама комсомолецсемпе ялти çамрăксене çаплах сахал хутшăнтараççĕ-ха.

Хĕрарăмсем—пирĕн маттур колхозницăсем, МТС-семпе совхозсенчи работницăсем—ялхуçалăхĕнче калама çук пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ, вĕсем колхозпа совхоз производствин пур отраслĕсенче те тăрăшса, хастар ĕçленин паха тĕслĕхĕсене кăтартаççĕ. Тӳрех çапла калас пулать: партин нумай организацийĕсем çакна шута илмеççĕ, хĕрарăмсем хушшинчи ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ.

Парти обкомĕсемпе райкомĕсен ĕçри пысăк çитменлĕхĕсене татăклăнах пĕтермелле, ĕççыннисен йышлă массисем хушшинче партилле-политикăлла ĕçĕн шайне çĕклемелле.

Çакна тăвас тесен, ялти обществăлла-политикăлла ĕçри, МТС-семпе колхозсене ертсе пырас ĕçри обезличкăна пĕтерес пулать.

Парти руководствине производствăн ĕçе татса паракан участокĕсем патне çывхартма кирлĕ туса тăчĕ. Парти аппарачĕн ĕçне халĕ çакăн пек урăхлатса çĕнетмелле: пĕр паллă работник пĕр паллă колхозра ĕçлетĕр, уншăн ответ тыттăр; кадрсене тĕрĕс суйласа илессине, çынсене ĕçе тĕрĕс лартассине камран ыйтмалли пултăр, колхозниксем хушшинче политикăлла ĕçе кам туса пырассине, çав колхоз умĕнче тăракан задачăсене татса парассине камран ыйтмалли пултăр.

Пĕр-пĕрин шухăшне пĕлес майпа ку ыйту пирки çакăн пек шухăш каласа пама пулĕччĕ. Пире çапла тумалла пек туйăнать: ялă вырăнсенчи райкомсенче кашни МТС енĕпе ĕçлекен работниксен группи пулмалла, ăна райком секретарĕ ертсе пымалла. Сăмахран, районта виçĕ МТС пур, тейĕпĕр. Кун пек районта инструкторсен виçĕ группине — кашни МТС валли пĕр группа—организацилеме пулать, çапла вара пĕр инструктор пĕр колхозра, нумай пулсан, икĕ колхозра ĕçлемелле пултăр, çав колхозсенче ĕçленĕшĕн унăн райком умĕнче ответлă пулмалла. Пĕтĕмĕшпе илсен, парти аппаратĕнче, уйрăмах райкомсенче инструктор рольне хăпартмалла. Çавăнпа та инструкторсем суйласа илес тата вĕсене хатĕрлес ĕç çине тимлĕрех пăхмалла.

Райкомăн группăна ĕçлекен секретарĕ хăйне пăхăнса тăракан инструкторсене ертсе пымалла, МТС ĕçлесе паракан колхозсене кайса тăмалла, МТС работникĕсем хушшинче парти ĕçне организацилĕмелле, çавăн пекех парти райкомĕ умĕнче çав колхозсенче ĕçсем мĕнле пынишĕн ответлă пулмалла. Колхозсене тата партин пуçламăш организацийĕсене ертсе пырасси конкретлă пултăр тесе, райком секретарĕн хăйĕн пĕтĕм ĕç вăхăтне МТС-ра иртtermелле пулать. Ку вăл лайăх, мĕншĕн тесен хут çырса аппаланасси сахалтарах пулĕ, чĕрĕ ĕç ытларах пулĕ. Çакна тунă май МТС-ра директорăн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ кирлĕ мар пулать. Райком бюровĕпе райкомăн пĕрремĕш секретарĕ МТС-семпе колхозсенче ĕçлекен группăсен ĕçне йĕркелесе ертсе пымалла, çавăн пекех районăн пĕтĕм хуçалăхлă тата культурăллă пурнăçне ертсе пымалла.

Çак мероприятисене туса ирттерни, пирĕн шутпа, пĕтĕм организацилле-партилле ĕçе вăйлатма пулăшмалла, колхозсене, МТС-сене тата партин пуçламăш организацийĕсене ертсе пырас ĕçри обезличкăна пĕтерме пулăшмалла.

Парти обкомĕсен ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри стилĕпе меслечĕсен çитменлĕхĕсем çинчен те калани кирлĕ. Партин Центральнăй Комитечĕн çак ĕçе лайăхлатма ыйтнашкăн кирлĕ сăлтавсем пурте пур. Партипе советăн ертсе пыракан работникĕсем нумайăшĕ колхозсен ĕçне тĕплĕн пĕлсе тăмаççĕ. Кун пирки чылай фактсем илсе кăтартма пулать. Колхозсен экономикине, малта пыракан опыта кирлĕ чухлĕ пĕлмен пирки çав работниксем ĕçе çиелтен туса пыраççĕ, колхозсене ĕçре пулăшас вырăнне сăмах çаптараççĕ, чăнчăн ĕçе штурмовщинăпа улăштараççĕ.

Парти обкомĕсен хăшпĕр секретарĕсем те ялхуçалăхне йĕркеллĕ пĕлмеççĕ, ăна пĕлме тăрăшмаççĕ, пĕтĕмĕшле формулировкăсемпе, çиелтен кăтартса панисемпе ирте каяççĕ, çаксем нимĕнле усă та памаççĕ. Партин облаçри организацийĕн руководителĕ пысăк тухăçлă тырпул пухса илекен пĕр колхоз çинчен те каласа парайманнине, колхозăн лайăх председательне, малта пыракан бригадирне цĕлменнине йĕркеллĕ тесе йышăнма пулать-и-ха. Е тата: обком секретарĕ е союзлă республикăри компартин Центральнăй Комитечĕн секретарĕ ялхуçалăхĕнчи ĕçĕн малта тăракан меслечĕсен паха енĕсене конкретлă пĕлменни, облаçри колхозсенче выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлесе хурас енĕпе мĕнле ĕçленине пĕлменни, силос валли, сăмахран, мĕнле культурăсем ӳстерни усăллăрах пулнине, колхозсемпе совхозсенче çав культурăсен тухăçĕ мĕн чухлĕ пулнине тата ыттине пĕлменни килĕшӳллĕ япала пулма пултарать-и вара. Шел пулин те, пирĕн çавăн пек хăшпĕр руководительсем пур-ха.

Ялхуçалăхне ертсе пырас ĕç çине çиелтен пăхассине татăклăнах пĕтермелле. Тĕрĕс ертсе пырас тесен, ĕç мĕнле пулса пынине вырăнта тĕпчесе пĕлмелле, колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче ĕçсем мĕнле тăнине тĕпчесе пĕлмелле, кадрсемпе, чи малтан, колхоз председателĕсен кадрĕсемпе ĕçлемелле, малта пыракан опыта тĕпчесе пĕлмелле тата ăна производствăна кĕртсе пымалла. Партипе советăн ертсе пыракан работникĕсем обязательнă агрономсем пулмалла мар, анчах вĕсем ялхуçалăх ыйтăвĕсене лайăх пĕлме тивĕç. Çакна вара чăннипех те усăллă пулма тăрăшакан кашни работниках тума пултарать. Ку требовани пĕтĕмпех тĕрĕс тесе шутлатăп.

Юлташсем! Хальхи вăхăтра çĕршывăн районĕсенче пуринче те экономика енĕпе çирĕп колхозсем сахал мар, вĕсем пысăк тухăçлă тырпул пухса кĕртеççĕ, выльăх-чĕрлĕхрен продукци нумай илеççĕ, государство умĕнчи обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ, пысăк тупăш илеççĕ, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх сулсеренех продуктсем тата укçа нумай параççĕ. Ялхуçалăхне малалла вăйлатма палăртнă мероприятисене пурнăçа кĕртни колхозсемпе колхозниксен тупăшне çĕнĕрен нумай ӳстерĕ. Колхозниксен йăлапа культура ыйтăвĕсем ӳсеççĕ, малашне тата та ӳсĕç.

Çакна май культурăпа йăла тĕлĕшĕнчи строительство ыйтăвĕсем çинчен тата колхозлă ялсене юсаса илемлетес ĕçĕн хăшпĕр ыйтăвĕсем çинчен калани кирлĕ. Нумай работниксем: ку ĕçе малалла мĕнле туса пымалла, тесе ыйтаççĕ. Ответ пĕрре кăна пулма пултарать—ку ĕçе конкретлă условисене шута илсе тумалла. Колхозсем тĕреклене çитнĕ тата материальнăй майсем кирлĕ чухлĕ пур çĕрте, кун пек колхозсем сахал мар ĕнтĕ, чи малтан производство çурт-йĕрĕсем тăвас енĕпе ĕçлемелле, çавăн пекех тата колхозлă посёлоксене юсаса илемлетес енĕпе те ĕçлемелле.

Обществăлла хуçалăх ӳссе пынă май колхозсен хăйсен тупăшĕн пĕр пайне обществăлла çуртсем—ача сачĕсем, ача яслисем, ача çуратмалли çуртсем тунă çĕре яма май пулĕ, çакă вăл колхозницăсем валли колхоз производствинче ĕçлеме тата обществăлла пурнăçа активлăрах хутшăнса тăма лайăх условисем туса парĕ. Экономика енĕпе тĕреклене çитнĕ колхозсем клубсем тума укçа-тенкĕ уйăрма пултараççĕ, çапла вара обществăлла-политикăлла ĕçсене тата культурăпа çутĕç ĕçĕсене ирттерме лайăхрах условисем тăвĕç. Колхозсене çавăн пек сĕнни вырăнлă: ремонт тунă чухне, пӳртсем тата килкарти çурчĕсем лартнă чухне, вĕсене юсанă чухне колхозниксене пулăшма, кивĕ лартмашкăн улма-çырла йывăççисем туяннă чухне, вут-шанкă кӳнĕ чухне тата колхозниксен ытти терлĕ ыйтăвĕсене тивĕçтернĕ чухне пулăшма сĕнни вырăнлă.

Саксене тунă чухне акă мĕн астуса тăмалла: тĕп ĕç вăл—тырпул тухăçлăхне ӳстересси, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатасси, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене аталантарасси. Колхозлă яла юсаса илемлетес тĕлĕшпе, колхозниксен культурăпа йăла условийĕсене малалла лайăхлатас тĕлĕшпе тăракан задачăсене ялхуçалăх производствине çĕнĕрен хăватлăн аталантарнă никĕс çинче кăна татса пама пулать. Ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатса вĕсен культурăлла шайне ӳстерессишĕн пĕрмаях тăрăшасси—партипе советăн мĕнпур организацийĕсен чи пысăк тивĕçĕ пулса тăрать.

Тата тепĕр ыйту пирки каласшăн. Сăмах хуторсем çинчен пырать. Паллă ĕнтĕ, Балтика тăрăхĕнчи республикăсенче—Литвара, Латвире, Эстонире хуторсем нумай. Халĕ, çав республикăсенче, пĕтĕмĕшпе илсен, коллективизаци туса ирттернĕ хыççăн, вырăнти хăшпĕр работниксем çакăн пек ыйту лартаççĕ: хуторсемпе мĕн тумалла-ха, вĕсем çине пирĕн мĕнле пăхмалла-ха?—теççĕ. Пирĕн шутпа, кунта икĕ шухăш пулма пултараймасть. Ытти республикăсемпе облаçсенче, Правительство решенийĕ тăрăх, хуторсене яла куçарас ĕçе вăрçăччен ĕнтĕ туса пĕтересси патне çитернĕччĕ. Эпир хутор йĕркине майĕпен пĕтерессишĕн, вĕсем вырăнне пĕтĕм колхоз посёлокĕсем тăвассишĕн тăратпăр. Çакă вăл колхоз производствине вăйлатма юрăхлăрах условисем туса парĕ, колхозниксен пурнăçĕнчи культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатма, паха шкулсем, больницăсем, ача çуратмалли çуртсем, ача сачĕсемпе яслисем лартма май парĕ.

Анчах çак ыйтăва ĕçре татса парас тĕлĕшпе васкани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Партипе совет органĕсем колхозниксемпе пĕрле вырăнти майсене пур енчен те тĕпчесе пĕлччĕр, çак майсем мĕнлине шута илсе, çав ĕçе ăçта, хăçан тата мĕнле туса ирттерес ыйтăва татса паччăр. Ăна тĕрĕс татса парасса эпир шанса тăратпăр. Колхозниксем хăйсем те хуторсенче пурăнма килĕшмĕç, культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатма кирли çинчен ыйту лартĕç.

Ялхуçалăхне малалла аталантарас енĕпе туса ирттермелли пысăк мероприятисене пурнăçа кĕртесси нумай тĕлĕшпе парти организацийĕсем масса хушшинче мĕнле ĕçленинчен килет. Ялхуçалăхĕнчи работниксен творчествăлла вăйĕсем питех те нумай, вĕсене активлăнрах ĕçе хутшăнтарса тăмалла. Парти работникĕсен, мĕнпур коммунистсен ялхуçалăхне аталантарас ĕçĕн халех татса памалли задачисем çинчен тĕплĕн ăнлантарса памалла, тырпул тухăçлăхне хăпартассишĕн, выльăх-чĕрлĕхе продуктивлăрах тăвассишĕн социализмла ăмăрту сарса ямалла. Çакна тăвас тесен, яланах массăсем хушшинче пулмалла, массăсемпе куллен ĕçлемелле, çынсене тата вĕсен ыйтăвĕсене, вĕсене мĕн кирлине лайăх пĕлмелле, усăллă пуçарулăха çийĕнчех асăрхама, ăна пулăшма пĕлмелле, пулма пултаракан çитменлĕхсемпе йăнăшсене малтанах курма вĕренмелле. Парти организацийĕсен хăйсен пĕтĕм ĕçĕнче колхозсенчи, МТС-семпе совхозсенчи малта пыракан çынсем çине, çĕрĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн кунран-кун ӳссе нумайланса пыракан мастерĕсем çине таянса ĕçлемелле.

Парти организацийĕсен çаксене тумалла:

пĕтĕм организацилле-партилле тата массăлла-политикăлла ĕçе вăйлатмалла, партилле-политикăлла ĕçе хуçалăх задачисене татса парассипе тачăрах çыхăнтармалла;

партин районсенчи комитечĕсене, МТС-сене, колхозсемпе совхозсене кадрсем парса çирĕплетме халех кирлĕ мерăсем йышăнмалла, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенчи кадрсемпе ĕçлессине нумай çӳлĕрех шая çĕклемелле;

ялти ĕçе работниксен хăшпĕр пайĕ иккĕмĕш вырăнти ĕç тесе тĕрĕс мар шутланине пĕтермелле;

колхозсене ертсе пырас ĕçри обезличкăна пĕтермелле, партин районсенчи комитечĕсен аппарачĕн ĕçне урăхлатса çĕнетмелле, парти органĕсене колхозпа совхоз производстви патне çывхартмалла;

парти обкомĕсемпе райкомĕсен ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçĕн шайне çĕклемелле, хăшпĕр работниксем администраторла хăтланассине татăклăнах сирсе пăрахмалла, колхозсене, МТС-семпе совхозсене ертсе пырас ĕç çине бюрократла çиелтен пăхнине пĕтермелле.

Парти организацийĕсен тивĕçĕ—пĕтĕм ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне малалла ӳстерессишĕн тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарассишĕн кĕрешме мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене, МТС-сен работникĕсене, ялхуçалăх специалисчĕсене çĕклесси пулать, кашни колхоз государствăна ялхуçалăх продукчĕсем памалли хăйĕн обязательствисене ăнăçлăн пурнăçласа пыракан пултăр, унăн вăрлăх фончĕсемпе ытти фондсем пулччăр, вăл обществăлла хуçалăха малалла аталантарса пытăр, вăл колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх нумайрах паракан пултăр.

* * *

Юлташсем! Совет çĕршывĕ хăйĕн вăйĕсене сарса аталантарать, коммунизм çулĕпе малалла шанчăклăн пырать. Халăх хуçалăхĕнче ертсе пыракан вăй пулса тăракан социализмла индустрие хăватлăн аталантарса пынă никĕс çинче хамăр çĕршывра ялхуçалăх продукчĕсем нумай пулмалла тăвас задачăна ĕçре татса парасси—коммунизм строительстви программин чи кирлĕ пайĕ пулса тăрать. Халĕ çак задача пирĕн умма пĕтĕм халăхăн чи кирлĕ задачи пулса тухса тăчĕ. Çак задачăна ăнăçлăн пурнăçлани рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи союза малалла тĕреклетме пулăшать.

Çирĕппĕнех ĕненсе çапла калама пулать: рабочи класс, колхоз хресченĕсем, пирĕн интеллигенци, мĕнпур совет çыннисем, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, çав задачăна чи вĕçке срокселех пурнăçа кĕртсе çитерĕç. Çакă вăл пирĕн çĕршывăн коммунизм патне малалла каймалли çул çинчи пысăк утăмĕ пулĕ!

---

## Куславкка районĕнчи Сала больницинче ĕçлекенсен коллективне

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ Куславкка районĕнчи Сала больницинче ĕçлекенсен коллективне больница уçăлнăранпа 50 çул тултарнă ятпа салам яраççĕ тата халăха медицина пулăшăвĕ парассине малалла лайăхлатса пырас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă сунаççĕ.

*Октябрьти Социализмла революциччен* Салари больница земствăн пĕчĕк больници пулнă пулсан, Совет влаçĕ çулĕсенче çак больница халăха чир-чĕртен сыватакан пысăк учреждени пулса тăчĕ, унта медицинăн кучухнехи оборудованийĕ, врачсен, вăтам медицина работникĕсен халăх хушшинчен тухнă квалификациллĕ кадрĕсем пур.

Сала больници халăх хушшинчи чир-сене тĕпчесе пĕлес тата чир-чĕртен сыватас ĕçре, совет медицини наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе практикăра усă курас тĕлĕшпе çитĕнӳсем чылай тума пултарчĕ. Ку больница ĕçĕ Коммунистсен партийĕпе Совет государстви халăх сывлăхне сыхлассишĕн пĕрмаях хытă тăрăшнине кăтартса тăракан конкретлă тĕслĕхсенчен *пĕри пулать.*

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ Сала больницинче ĕçлекенсен коллективĕ совет медицинин ялавне малашне те çӳлте тытса пырассине, медицина наукин çитĕнĕвĕсене ĕçе кĕртсе пыма пĕтĕм вăя хурса тăрăшассине, халăха медицина пулăшăвĕ парас ĕçре тата пысăкрах çитĕнӳсем тăвассине шанса тăраççĕ.

ЧĂВАШ АССР МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ. КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Салари район больници медицина работникĕсене Чăваш АССР-ĕн тава тивĕçлĕ врачĕн хисеплĕ ятне парасси çинчен

Салари район больници 50 çул тултарнă май, халăх сывлăхне сыхлас енĕпе уйрăмах пысăк ĕçсем тунăшăн Чăваш АССР-ĕн тава тивĕçлĕ врачĕн хисеплĕ ятне памалла тăвас:

1. Иван Ефимович Виноградова — хирурги уйрăмĕн заведующине,

2. Полина Николаевна Новиковăна — врач-терапевта.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ З. АНДРЕЕВА.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕшĕн Д. МИТЬКОВ.
Шупашкар хули, 1953 çулхи сентябрĕн 17-мĕшĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Салари район больницин ĕçре уйрăмах палăрнă работникĕсене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе награлăласси çинчен

Куславкка районĕнчи Салари район больници 50 çул тултарнă май, халăх сывлăхне сыхлас ĕçре çитĕнӳсем тунăшăн Сала больницин ĕçре уйрăмах палăрнă работникĕсене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе награлăлас:

1. Любовь Евлампьевна Васильева-[illegible]

5. Зинаида Ильинична Ненаковăна — куç чирĕ уйрăмĕн заведующине;

6. Агриппина Алексеевна Никоновăна — больница поварне;

7. Зинаида Андреевна Панковăна — куç чирĕ уйрăмĕнчи санитаркăна;

8. Анна Никифоровна Перцевăна — инфекци уйрăмĕнчи аслă сестрана;

## Сала больницин главнăй врачне Чăваш АССР-ĕн тава тивĕçлĕ врачне Николай Семенович Соколова

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Сала больницин медицина работникĕсене тата унта ĕçлекенсене пурне те больница 50 çул тултарнă ятпа ырă сунса хĕрӳллĕ салам ярать.

Сала больници вăл чир-чĕртен сыватакан ĕлĕкхи учрежденисенчен, Чăваш çĕршывĕн территорийĕнче патша вăхăтĕнче уçнă сахал больницăсенчен пĕри пулса тăрать.

Совет стройĕн условийĕсенче, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви кунтан-кун тăрăшнипе пула, Сала больници Чăваш АССР-ĕнчи малта пыракан сывлăх учрежденийĕсенчен пĕри, çывăхри посёлоксемпе ялсенче пурăнакан халăхăн сывлăхне сыхлакан центр, ялти халăха медицина пулăшăвĕ парас ĕçре çĕнĕ меслетсене пурнăçлас енĕпе лайăх больница пулса тăчĕ.

50 çул хушшинче больница чир-чĕртен сыватса сывлăха çирĕплетес енĕпе те, профилактикăлла ĕçсем енĕпе те питех те пысăк ĕç турĕ, ялти çĕршер тата пиншер ĕççынсене обществăшăн усăллă ĕçе таварчĕ. Сала больницин ĕçĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăх ырлăхĕшĕн яланах тăван атте пек тăрăшнине уççăн кăтартса паракан тĕслĕхсенчен пĕри пулса тăрать.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ çакна шанса тăрать: больница коллективĕ халиччен тунă çитĕнӳсемпе лăпланса лармĕ, чир-чĕртен сыватас ĕçе тата профилактика ĕçне лайăхлатассишĕн çине тăрса ĕçлĕ, ĕççыннисен сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе çĕнĕ çитĕнӳсем тума пултарĕ, совет медицинин ялавне яланах çӳлте тытса пырĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ З. АНДРЕЕВА.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕшĕн Д. МИТЬКОВ.
Шупашкар хули, 1953 çулхи сентябрĕн 17-мĕшĕ.

## Апат-çимĕç комбиначĕ пысăкланать

Калининăри апат-çимĕç комбинатĕнче çулталăкри производство планне срокчен тултарассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн социализмла ăмăрту анлă [illegible]

килограмма яхăн çĕрулми типĕтетпĕр. Çырла шывĕ чылай хатĕрленĕ. Комбинатăн 58 вĕлле пур. Кăçал газированнăй [illegible]

## Вырăнти промышленноçăн çĕнĕ продукцийĕ

Кăçал вырăнти промышленноç [illegible]